*Пĕтĕм тĕнчери пролетарисем, пĕрлешĕр!*

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

ЗНАК ПОЧЕТА

КПСС Чăваш обкомĕпе Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн тата Министрсен Совечĕн органĕ

Орган Чувашского обкома КПСС, Верховного Совета и Совета Министров Чувашской АССР

№ 18 (20151) • Вырсарникун, 1990 çулхи январĕн 21-мĕшĕ • Хаçат 1918 çулхи февральтенпе тухать • Хакĕ 3 пус

## М. С. ГОРБАЧЕВ Пĕтĕм Союзри канашлура юлашкинчен каланă сăмах

Канашлу вĕçленнĕ май, темиçе сăмах калас тетĕп. Эсир те мана ăнланатăр пулĕ, мĕншĕн тесен Кремльти Пысăк дворецра икĕ кун хушшинче пулса иртнĕ государство тĕлĕшĕнчен питĕ анлă калаçăва çийĕнчех пĕтĕмлетесси, — эпĕ шутланă тăрăх, пирĕнтен кирек камшăн та ытлашши хăюллă ĕç шутланнă пулĕччĕ. Чăн та, шухăшсем пур, малтанлăха хак памалли пур, выводсем пур, çакăн çинчен калас тетĕп те эпĕ.

Эпир кĕтнĕ пекех, яланхилле мар событи пулса иртрĕ. Пĕтĕмĕшпе нумай енлĕ, тĕпрен илсен, шалти, çавăн пекех тулашри политикăн мĕнпур ыйтăвĕсем пирки — çĕнетĕвĕн мĕнпур тĕп çулйĕрĕсем, социаллă пурнăçпа экономикăри, ăс-хакăл сферинчи лару-тăру пирки тухса каларĕç. Çавăнпа Политбюрора, КПСС Центральнăй Комитечĕн Секретариатĕнче эпир пурсăмăр та çакна питĕ пысăка хурса хаклатпăр.

Юлташсем, уйрăмах çакă пысăк пĕлтерĕшлĕ: кунти калаçу Халăх депутачĕсен иккĕмĕш съездĕнчен эстафета йышăнни пек пулчĕ, çĕршыври чăн-чăн процессене тата чăн-чăн лару-тăрăва нумай енчен тăрăнлатрĕ. Халĕ партии Центральнăй Комитечĕ хăйĕн ответлăхĕн виçинче, КПСС обществăн политика авангарĕ пулса ĕçленин висинче, Верховнăй Совет вара законсем хатĕрлекен орган пулса, çавăн пекех правительство иккĕмĕш Съездра йышăннисене тата халăх депутачĕсем панă сĕнӳсене пурнăça кĕртес тĕлĕшпе ĕçлессĕ. Эпир пĕр-пĕрин шухăшне [illegible] тата усăллă — вăл халĕ ан[illegible] сарăлса пырайăн ĕçре тивĕçлĕ тӳрлетӳсем тума май парать.

Çак позици, çапла сӳтсе явни халĕ, Верховнăй Совет сессийĕ ĕçлеме тытăнас умĕн, уйрăмах пысăк пĕлтерĕшлĕ, унта çĕнетӳве, экономика тата политика системинчи реформăна пурнăçа кĕртес енĕпе никĕсре тăракан ыйтусем тăрăх решенисем йышăнасçĕ.

Çак калаçу партии Цент[illegible]

кĕртме тытăннă улшăнусене ăнланса илмесĕр тата ырласа йышăнмасăр — политика тĕлĕшĕнчен тата ĕçре чăннипе пулăшса тăмасăр пурнăçлама май килмест.

Çакă вара пире ĕненӳллĕн ĕçлеме, çĕнетӳ ĕçне малалла туса пыма татах хавхалантарать. Анчах кунпа пĕр вăхăтрах эпир çакна та туйса илтĕмĕр: çĕнетĕве ырласа, пĕрремĕшĕнчен, паян пурте политиксем пулса тăрассĕ, кашни çын — экономист пулса тăрать. Халиччен никам та экономикăпа интересленмен: ресурссем парăр, эпир мĕн май килнине тăвапăр, тенĕ.

Тăрăн, пысăк пĕлтерĕшлĕ калаçу пулса иртрĕ. Пытарма кирлĕ мар, уйрăм самантсенче вăл ĕлĕкхи производство канашлăвĕсене те аса илтерчĕ. Анчах хальхи лару-тăрура эпĕ ăна та çапла йышăнатăп: ахăртнех, хăшпĕр çĕрте управлени ĕçне япăхтарнă, çынсем вара, ĕçе лайăхлатас, центра ĕçре чăрмантаракан ку е вăл ыйту çине тимлĕрех пăхма сĕнес тĕллевпе, хăйсен шухăшĕсене пĕлтерме тăрăшрĕç.

Çапла вара, кирек мĕнле пулсан та, чи кирли — çынсем çĕнетӳшĕн тăни. Эсир халăх шухăш-кăмăлне пирĕн пата илсе çитертĕр. Эсир халăх çапла шутланине илсе çитертĕр. Эпĕ шутланă тăрăх, ку вăл сирĕн шухăшăр кăна мар, — ăна хăвăр та палăртăр — ку вăл сире çакăнта, Кремле, каймашкăн суйланă мĕнпур коллективсен шухăшĕ.

*Анчах çĕнетӳ мĕнле пынипе пурте кăмăлсăр.* Эпир çакна ансаттăн та [illegible] мар, чăннипех йышăнатпăр. Мĕнпур çул-йĕрте политикăри тата практикăлла ĕçри ыйтусене тума тăрăшатпăр. Эсир çакна ĕненсе тăма пултаратăр. Çĕршыври ĕçсенисен çак ыйтăвĕ центрăн практикăлла ĕçĕ-хĕлĕнче пурнăçланса пытăр тесе, эпир мĕн кирлине пĕтĕмпех тăвăпăр.

Кун хыççăн эпĕ тухса калакансен пурин сăмахĕнче те мĕн хумхантарнине палăртас тетĕп. Юлташсем по[illegible]

тивĕçлипех лайăх результатсем паччăр, ку вăл урăхла пулса ан пытăр. Правительство, экономика тата политика реформин шайĕнче ĕçлесе, анчах çавăн пекех иртнĕ вăхăтран юлнă меслетсемпе усă курса (халлĕхе эпир куçăм тапхăрĕнче-ха) халăх хуçалăхне ертсе пырас ĕçе вăйлатма тивĕçлĕ. Çапла вара эпир, юлташсем, çакна тĕрĕс требовани тесе йышăнатпăр, ăна ĕçре пурнăçа кертсе пыни кирлĕ.

Эпĕ çапла шутлатăп, халĕ — ăна Халăх депутачĕсен II съезчĕ тата рабочи класăн, хресченсен, интеллигенци представителĕсен Пĕтĕм Союзри канашлăвĕнчи пирĕн калаçу та кăтартса пачĕ — эпир çакна ăнланса илтĕмĕр: экономикăна социаллă пурнăç нушисем, халăхăн пурнăçри чи кирлĕ ыйтăвĕсем еннелле çавăрассине татах та хăвăртлатас тесен, пирĕн экономика стратегине ĕçе кĕртмелли çул-йĕре малалла сирĕппĕн тытса пымалла. Çакă вăл апат-çимĕç, пурăнмалли çурт-йĕр ыйтăвне, рынока пуянлатас ыйтăва пырса тивет.

Эпир çапла тăвăпăр та. Эпĕ те, руководствăри манăн юлташсем те ыйтăва çапла лартнине çавăн пекех йышăнаççĕ: йĕрке ытларах пултăр, уйрăмах спекуляци тăвакан элементсене хирĕç кĕрешес ĕçре йĕрке ытларах пултăр, вĕсем, дефицитпа, рынокри йывăрлăхсемпе усă курса, харампырла пураннаççĕ. Юлташсем кунта çакăн çинчен çав тери çине тăрса каларĕç. Эпĕ ĕç çине урăхла пăхнине, унăн тупăмас те ырлатăп: юлташсем çакна ăнланаççĕ: центр вăл — питĕ чее çăрава питĕрсе илнĕ тĕмĕнле пӳлме мар, унти çăра уççине лайăх правительство е центри лайăх çынсем урлă суйласа илни кăна кирлĕ имĕш. Вĕсем уçса парĕç те — пурте çителĕклĕ пулĕ. Ку вăл тĕрĕс марри пурте ăнланаççĕ. Çакна та ăнланаççĕ: пирĕн пурнăç лайăхланса пытăр тесен, эпир çĕршывра ĕçсене урăхла туса пыма тивĕçлĕ. Эпĕ во[illegible]

тĕм шухăшĕпе тата тĕп çулйĕрĕсемпе тачă çыхăнать.

Çак шухăшăн пĕр пайĕ çинче уйрăмах чаранса тăрас килет. Хăшпĕрисем çапла шутлаççĕ, хайтелленлĕхе ӳстерни вăл — тупăшран укçа-тенкĕ тӳлемелли нормативсене пĕчĕклетни пулать имĕш. Ун пек тусан, нимĕн те пулса тухмĕ. Эпир çĕршывра мĕнпур тĕп ыйтусене шайлашуллăн тата комплекслă татса памалли чи меллĕ çул-йĕрсем тупма тивĕçлĕ. Кунпа тавлашма йывăр. Çакна та тӳрре кăларма май килмест: ĕнер кăна лайăх ĕçленĕ коллектив тĕплĕн шухăшламан нормативсене пула сасартăк экономика тĕлĕшĕнчен, çапла вара, социаллă пурнăç тĕлĕшĕнчен те чи йывăр лару-тăрăва кĕрсе ӳкет. Анчах çавăн пекех çапла шутлани те пулмалла мар: халичченхи пек ĕçлесех — ĕç тухăçлăхне ӳстермесĕр, продукци калăпăшне пысăклатмасăр, унăн пахалăхĕпе хисепне лайăхлатмасăр тата общество ыйтăвĕсене лайăхрах тивĕçтермесĕр — коллектив сасартăк лайăхрах пурăнма тытăнать. Эпир çакăн пек йĕркепе килĕшме пултараймастпăр.

Çапла шутлатăп, эпир çак çул-йĕрпе пыратпăр, юлашкинчен вара вунвиççĕмĕш пилĕкçуллăхра чылай малалла кайма пултаратпăр, мĕншĕн тесен çак пысăк ĕçе тăвата çул хушши туса ирттернĕ ĕнтĕ. Халĕ тĕплĕн шухăшлана норматив никĕсĕ пур, вăл обществăра этемĕн, коллективăн, пĕтĕм обществăн интересĕсене шайлаштарма май парать. Çак çулпа малалла кайни кирлĕ. Çакăнпа эпир, çавăн пек [illegible] кĕртсе, çакăн пек асăрхаттарусем туса, пирĕн экономикăн тĕп производство сыпăкĕсен хайтелленлĕхне аталантарассишĕн тăратпăр.

Çапла шутлатăп, унсăрăн ĕçсем вăйланма пултараймаççĕ. Мĕнпур документсене те — законсене, правительство решенийĕсене çак тĕллевпе туса хатĕрлеççĕ. Эпир тивĕçле тӳрлетӳсем кĕртетпĕр.

Эпĕ сире çĕршывра [illegible]

тăвă та сӳтсе явнă: маларах, калапăр, июнь уйăхĕнче май килмест-и? Тĕплĕн шухăшлани Центральнăй Комитет Пленумĕн решенине йышăнмалли никĕс пулнă — уйрăммăн илсен — съезда октябрьте ирттермелле, унăн вăхăтне çур çул таран çывхартмалла, çавăнпа ăна июньте пухма йывăр пулать. Эпир съезда партире платформа никĕсĕ çинче питĕ пысăк дискусси ирттернипе кĕтсе илме шутларăмăр, ăна пичетлесе кăлараççĕ, отчетпа суйлав кампанине лайăх хатĕрленсе ирттермелле, вăл пуçламăш организацисенче те, районта та, хулара та лару-тăрăва тата кадр ыйтăвне улăштарма тивĕçлĕ. Çапла майпа съезда çĕнĕ вăйсем килĕç, ку вăл çĕнĕ органсене йĕркелес ĕçре те палăрĕ. Кĕскен каласан, отчетпа суйлав кампанийĕ хăй тĕп ыйтусене туллин уçса палăртĕ, нумай çĕнĕ çынна тата çĕнĕ вăйсене кăларса тăратĕ.

Çакăн пек шухăш пулнă. Эпĕ кун пирки каланăччĕ пулас тата халĕ те тӳррĕн, партири пек калатăп. Юлташсем çапла шутлаççĕ, ĕçе урăхла та тума май килет: съезд ирттермелле, ун хыççăн суйлав ирттермелле. Анчах партире дискусси пулса иртмесен, эпир черетлĕ съезда ăнаçлă тата прогрессивлă ĕçлемелли, малашнехи вăхăта кăтартса памалли тивĕçлĕ лару-тăру туса хумасан, — эпир çакна тӳрре кăларăпăр-и? Çапла пулса тухмĕ-и: хамăр шухăшлакан çĕнетӳ, центр шайĕнче вăйсене хушасси тата çĕнетесси пурнă[illegible] юлмĕ-и? Атьăр[illegible]ха, тӳррĕн калаçар. Платформа пулать, идейăсем нумай енте, çĕнĕ Устава хатĕрлес ĕçпе ĕçлеççĕ. Ăна сӳтсе явмашкăн тăратма пулать. Çапла вара июнь тĕлнелле съезд ирттерме те май килет. Анчах, юлташсем, кун пирки татах та татах шухăшласа пăхмалла. Сăмах май каласан, эпир пĕрремĕш çур çулта хамăр вырăнти Советсен суйлавне ирттерес тĕллевпе ĕçлемеллине шута ил[illegible]

## ВЛКСМ область организацийĕн XXXVIII конференцийĕ

Январĕн 20-мĕшĕнче ВЛКСМ Чăваш область организацийĕн XXXVIII конференцийĕ хăйĕн ĕçне вĕçленĕ.

Конференцире ВЛКСМ обкомĕн пĕрремĕш секретарьне альтернативлă майпа, уçăн сасăласа суйланă. Шупашкарти 48-мĕш вăтам шкулти учителе В. А. Шуйкова тата ВЛКСМ обкомĕн пĕрремĕш секретарьне В. А. Петрова кандидата тăратнă. Нумай сасăпа конференци ВЛКСМ обкомĕн пĕрремĕш секретарĕ пулма Валерий Андреевич Петрова суйланă.

Конференцире вĕренекен çамрăксемпе тата пионерсемпе ĕçлесси, комсомолăн область организацийĕнчи финанспа экономика ĕçĕсене лайăхлатасси, ВЛКСМ Уставне улшăнусем кĕртесси тата комсомол программине туса хатĕрлесси, РСФСР комсомолне туса хурас тĕлĕшпе комсомолăн область организацийĕн позицийĕ çинчен резолюцисем йышăннă.

Конференци ВЛКСМ тĕп органĕсен составне суйлама кандидатсем сĕннĕ.

Конференци ĕçне КПСС обкомĕн пĕрремĕш секретарĕ А. П. Петров, Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн председателĕ А. М. Леонтьев, республика Министрсен Совечĕн председателĕ Н. А. Зайцев, КПСС обкомĕн бюро членĕсемпе бюро членĕн кандидачĕсем, ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕн ответлă организаторĕ К. Л. Рыбаков хутшăннă.

• • •

Комсомолăн область организацийĕн XXXVIII конференцийĕ ВЛКСМ XXI съезчĕн делегачĕсем пулма çак юлташсене суйланă: О. Б. Бирюкова — Шупашкарти приборсем тăвакан заводри ВЛКСМ комитечĕн секретарьне; А. И. Волкова — ВЛКСМ Ленин райкомĕн пĕрремĕш секретарьне; В. Н. Долгова — Шăмăршă районĕнчи Уруков ячĕпе хисепленекен колхозри бригадира; В. И. Дубинина — ВЛКСМ Шупашкар хула комитечĕн пĕрремĕш секретарьне; А. А. Иванова — Канашри 5-мĕш вăтам шкулти 11 класра вĕренекене; А. К. Камалутдинова — И. Н. Ульянов ячĕпе хисепленекен Чăваш государство университечĕн студентне; А. И. Катанаева — «Химпром» пĕрлешӳри ВЛКСМ комитечĕн секретарьне; П. А. Корчагина — ВЛКСМ Çĕмĕрле хула комитечĕн иккĕмĕш секретарьне; В. А. Петрова — ВЛКСМ обкомĕн пĕрремĕш секретарьне.

• • •

Комсомолăн область организацийĕн XXXVIII конференцийĕ РСФСРти комсомол организацийĕсен съезчĕн делегачĕсем пулма çак юлташсене суйланă: А. Ю. Александрова — И. Н. Ульянов ячĕпе хисепленекен Чăваш государство университетĕнчи ВЛКСМ комитечĕн секретарĕн заместительне; Ю. В. Беляшова — «Химпром» пĕрлешӳри аппаратчика; Е. А. Захарова — ВЛКСМ Вăрнар райкомĕн пĕрремĕш секретарьне; М. В. Игнатьевана — Пĕпресри 1-мĕш вăтам шкулти 10-мĕш класра вĕренекене; А. К. Камалутдинова — И. Н. Ульянов ячĕпе хисепленекен Чăваш государство университечĕн студентне; В. Е. Криницынана — Чăваш музыка театрĕн балет артисткине; В. А. Петрова — ВЛКСМ обкомĕн пĕрремĕш секретарьне; П. А. Корчагина — ВЛКСМ Çĕмĕрле хула комитечĕн иккĕмĕш секретарьне; В. В. Никифорова — Етĕрне районĕнчи «Выльский» совхозри ВЛКСМ комитечĕн секретарьне.

### Чăваш АССР Халăх контроль комитетĕнче

## СИВĔ ВИТЕРЕ, ХЫРĂМ ВЫÇÇИПЕ

### Вăрнар районĕнчи чылай хуçалăхра тертленет выльăх-чĕрлĕх

Тĕрĕслев кăтартса панă тăрăх, Вăрнар районĕнчи «Нива» агрокомбинатра выльăх-чĕрлĕхе йывăр условисенче хĕл каçараççĕ. Производство никĕсе начаррине пула нумай хуçалăхра выльăхсене ки[illegible]

лоспа витаминлă курăк çăнахĕ 62 процент. Пĕрремĕш класлă сенаж пĕр тонна та çук.

Районти хуçалăхсенче ăратлăх ĕçне юхăнтарса янă, кĕтĕве çĕнетес тĕлĕшпе начар ĕçлеççĕ. К. Маркс ячĕпе, Ми[illegible]

парать. Агрокомбинатăн тĕп зоотехникĕ Г. П. Романов хуçалăхсенчи зоотехниксенчен çирĕп ыйтас вырăнне хăй час-часах йĕркене пăсать. Вăл статистика отчетĕнче Мичурин ячĕпе хисепленекен колхозри ĕнесен шутне 20 пус ӳстерсе кăтарт[illegible]

[illegible] пек пулчĕ, çĕршыври чăн-чăн процессене тата чăн-чăн лару-тăрăва нумай енчен тăрăнлатрĕ. Халĕ партин Центральнăй Комитечĕ хăйĕн ответлăхĕн виçинче, КПСС обществăн политика авангарчĕ пулса ĕçленин висинче, Верховнăй Совет вара законсем хатĕрлекен орган пулса, çавăн пекех правительство иккĕмĕш Съездра йышăннисене тата, халăх депутачĕсем панă сĕнӳсене пурнăçа кĕртес тĕлĕшпе ĕçлессĕ. [illegible] шухăшне [illegible] питех те кирлĕ тата усăллă — вăл халĕ анлăн саралса пыракан ĕçре тивĕçлĕ тӳрлетӳсем тума май парать.

Çак позици, çапла сӳтсе явни халĕ, Верховнăй Совет сессийĕ ĕçлеме тытăнас умĕн, уйрăмах пысăк пĕлтерĕшлĕ, унта сĕнетĕве, экономика тата политика системинчи реформăна пурнăçа кĕртес енĕпе никĕсре тăракан ыйтусем тăрăх решенисем йышăнасçĕ.

Çак калаçу партин Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ умĕн пулса иртни те питĕ пысăк пĕлтерĕшлĕ, унта КПСС партин XXVIII съезчĕ тĕлне хатĕрленĕ программăлла платформа проектне сӳтсе явассĕ. Ытти юлташсем пекех, эпĕ те тухса калаçакансен сăмахĕсене итлерĕм, халиччен мĕн пĕлнипе, проекта мĕнле хатĕрлеме палăртнипе, хамăр мĕн çырнипе танлаштарса пăхрăм. Çакна куратăп, пирĕн татах ĕçлемелле пулать-ха. Çине тăрса ĕçлемелле пулать. Кунта, Президиумра ларакан ытти юлташсем те çакăн пекех шухăшлассĕ пулĕ тесе шутлатăп. Çапла вара хăйĕн содержанийĕпе те, вырăнĕпе те, вăхăтпа та, калаçусен анлăшĕпе те кунта тухса каланисем çак ĕçпе лайăх çыхăнса тăрассĕ. Ку — пĕрремĕшенчен.

Иккĕмĕшĕ. Юлташсем, эпĕ çакна уйрăмах палăртас тетĕп: ку вăл тӳрĕ, уçăмлă калаçу пулчĕ, çынсем хăйсем Кремле суйласа янисем мĕн çинчен каланине курассĕ, илтессĕ, эпĕ шутланă тăрăх, тивĕçлĕ хак парассĕ. Мĕн каламалли пур, паллах, питĕ çиреппĕн, тивĕçлипе ыйтса калаçрĕç, центр, республикăсен ячĕпе, вырăнсенчи парти, хуçалăх, совет органĕсен ĕçĕ-хĕлĕ пирки критикăлла асăрхаттарусем нумай пулчĕç.

Çапла шутлатăп, уйрăмах халĕ, мĕнпур регионсенче хумхантараканни, йывăрри, татса памалли пысăк ыйтусем нумайланнă чухне, калаçу урăхла пулма та пултараймасть.

Эпир кунти калаçуран çапла вывод тăватпăр: ĕçсынисем сĕнетӳшĕн тăрассĕ, эпир çакна татах тепĕр хут туйса илтĕмĕр. Ку вăл, юлташсем, питĕ пысăк пĕлтерĕшлĕ, вăл Центральнăй Комитета, Верховнăй Совета та, правительствăна та шанса тăни пулать. Мĕншĕн тесен эпир пурнăçа

Çапла вара, кирек мĕнле пулсан та, чи кирли — çынсем сĕнетӳшĕн тăни. Эсир халăх шухăш-кăмăлне пирĕн пата илсе çитертĕр. Эсир халăх çапла шутланине илсе çитертĕр. Эпĕ шутланă тăрăх, ку вăл сирĕн шухăшăр кăна мар, — ăна хăвăр та палартăр, — ку вăл сире çаканта, Кремле, каймашкăн суйланă мĕнпур коллективсен шухăшĕ.

Анчах сĕнетӳ мĕнле пынипе пурте кăмăлсăр. Эпир çакна ансатăн та [illegible] мар, чăннипех йышăнатпăр, мĕнпур çул-йĕрте политикăри тата практикăлла ĕçри выводсене тума тăрăшатпăр. Эсир çакна ĕненсе тăма пултаратăр. Çĕршыври ĕçсынисен çак ыйтăвĕ центрăн практикăлла ĕçĕ-хĕлĕнче пурнăçланса пытăр тесе, эпир мĕн кирлине пĕтĕмпех тăвăпăр.

Кун хыççăн эпĕ тухса калакансен пурин сăмахĕнче те мĕн хумхантарнине палăртас тетĕп. Юлташсем политика реформине, экономикăри тарăн реформăна, уçăмлăха, кĕретлĕхе анлан сарнă май пулса иртекен процессене, позицисене танлаштарса пăхма, çĕршывра мораль тĕлĕшĕнчен пулса тăнă лару-тăру пирки шухăшлама май килнине ырлассĕ. Çакна пĕтĕмпех йышăнса, эпĕ юлташсем ытлашши ирĕке янипе, ĕç пĕр тикĕс пыман пулăмсемпе экономикăна çĕç мар, çĕршыври общество процесĕсене ертсе пырас ĕçре те çухатусем тунипе килĕшсе тăрасшăн пулманнине, эпĕ ăнланнă тăрăх, пачах та килĕшме шутламаннине куратăп. Хăшпĕр çĕрте ĕçсем çивĕчленнĕ, нацисем хушшинчи хутшăнусенче вара вĕсем пĕтĕм çĕршыва хумхантармаллах çивĕчленнĕ. Эпĕ ыйтăва çапла лартни тĕрĕс тесе шутлатăп: центрăн выводсем тумалла, халăх ырланин никĕсĕ çинче (эпĕ малашне те çапла пулать тесе шутлатăп) лару-тăрăва татăклăн лайăхлатма тăрăшмалла. Эпĕ кунта йĕркелĕх ыйтăвне те, хуçасăрлăха, преступленисем тунине хирĕç татăклăн кĕрешме кирлине те кĕртетĕп.

Çавăнпа хумханнине кунта палăртни те, — пирĕншĕн çĕршыври мĕнпур ĕçсынисен требованийĕ пулса тăрать. Халĕ эпĕ тĕплĕнех чарăнса тăмастăп. Ку çакна пĕлтерет, халăхпа, обществăпа ĕçлес, массăллă информаци хатĕрĕсемпе, идеологии пĕтĕм аппарачĕпе, парти аллинчи мĕнпур вăй-хăватпа усă курас тĕлĕшпе парти енчен нумайрах вăй хуни кирлĕ, çапла вара обществăна сĕнетме чăрмантаракансене, ахаль те йывăрланса çитнĕ пурнăçа кăткăслатакан тӳнтерле пулăмсене хирĕç кĕрешме çĕклемелле. Законсем хатĕрлекен органăн çавăн пекех ĕçе вăраха ямасăр йĕркелĕхе, дисциплинăна çирĕплетес енĕпе пурне те тумалла, управлени процесĕсем

Эпир çапла тăвапăр та. Эпĕ те, руководствăри манăн юлташсем те ыйтăва çапла лартнине çавăн пекех йышăнассĕ: йĕрке ытларах пултăр, уйрăмах спекуляци тăвакан элементсене хирĕç кĕрешес ĕçре йĕрке ытларах пултăр, вĕсем, дефицитпа, рынокри йывăрлăхсемпе усă курса, хăрампырла пурăнассĕ. Юлташсем кунта çакăн çинчен çав тери çине тăрса каларĕç. Эпĕ ĕç çине урăхла пăхнине, унăн туп-[illegible] çакна ăнланассĕ: центр вăл — питĕ чее çăрапа питĕрсе илнĕ темĕнле пӳлме мар, унти çăра уççине лайăх правительство е центрти лайăх çынсем урлă суйласа илни кăна кирлĕ имĕш. Вĕсем уçса парĕç те — пурте çителĕклĕ пулĕ. Ку вăл тĕрĕс маррине пурте ăнланассĕ. Çакна та ăнланассĕ: пирĕн пурнăç лайăхланса пытăр тесен, эпир çĕршывра ĕçсене урăхла туса пыма тивĕçлĕ. Эпĕ водитель тухса каланине те йышăнатăп (ман шутпа вăл Якутирен пулас), çапла каларĕ вăл: руле тĕрĕс тытса пыни кирлĕ. Питĕ тĕрĕс шухăш. Ана эпĕ те каланă... **(Алă çупассĕ).** Çакă сире килĕшет. Анчах эпĕ эсир çакна мĕнле алă çупса йышăнасса пĕлместĕп. атьăр-ха, эсир те урăхла ĕçлеме тытăнăр тата хăвăрăн ĕç коллективĕсенче йĕрке туса хурăр. **(Алă çупассĕ).** Аван. Ку питĕ лайăх. Апла пулсан, ĕçсем те лайăхланĕç.

Эсир кăна айăплă, мĕнле калас, нумай ĕç туна, анчах эсир унпа усă курмастăр, — эпир çапла калас пулсан, эпĕ шутланă тăрăх, ĕç кун пек марри палăрĕччĕ. Ку вăл çӳлте те, вăтам эшелонсенче те, уйрăмах ĕçе татса паракан сыпăкра — ĕç, производство коллективĕсенче пурнăçланмалли процесс.

Эпĕ шутланă тăрăх, халĕ сĕнетӳ хăвăртланма тытăнать, мĕншĕн тесен пирĕн центр халĕ ĕçе лайăх пĕлсе, пĕтĕмпех ăнланса, пурне те асра тытса ĕçлеме пуçларĕ, ĕç коллективĕсем енчен вара ăна хăватлăн пулăшма тытăнчĕç. Çакă питĕ пысăк пĕлтерĕшлĕ. Пирĕн митингсем иртсернин, урапа тапăртатнисен, алăка шанлаттарса хупнисен тата ытти çулĕпе мар, çак конструктивлă çулпа малалла каймалла. Çапла тĕрĕс каларĕç: вăл иртсе пырать, унпа сывпуллашма вăхăт. Чи кирли — пĕрле вăй хурса, пĕтĕççе, сĕнетĕве хăвăртлатасси, практикăри ĕçсене татса парасси.

Хăйтĕлленлĕх ытларах пултăр. Пĕтĕмĕшпе илсен, çакă вăл демократипе çыхăнса тăрать, мĕншĕн тесен демократи — Советсем урлă политика ыйтăвĕсене татса парассине, ĕç коллективĕсен хăйтĕлленлĕхĕ урлă, экономика реформи урлă, регионсен тулли хăйтĕлленлĕхĕ урлă экономикăри влаçа алла илессине децентрализацилесси. Çакă вăл сĕнетĕвĕн пĕ-

[illegible] пултараймастпăр.

Çапла шутлатăп, эпир çак çул-йĕрпе пыратпăр, юлашкинчен вара вуниçĕмеш пилĕкçуллăхра чылай малалла кайма пултаратпăр, мĕншĕн тесен çак пысăк ĕçе тăватă çул хушши туса иртсернĕ ĕнтĕ. Халĕ тĕплĕн шухăшланă норматив никĕсĕ пур, вăл обществăра этемсен, коллективăн, пĕтĕм обществăн интересĕсене шайлаштарма май парать. Çак çулпа малалла кайни кирлĕ. Çавăнпа эпир, çакăн пек тӳрлетӳсем кĕртсе, çакăн пек асăрхаттарусем туса, пирĕн экономикăн тĕп производство сыпăкĕсен хăйтĕлленлĕхне аталантарассишĕн тăратпăр.

Çапла шутлатăп, унсăрăн ĕçсем вăйланма пултараймассĕ. Мĕнпур документсене те — законсене, правительство решенийĕсене çак тĕллевпе туса хатĕрлессĕ. Эпир тивĕçлĕ тӳрлетӳсем кĕртĕпĕр.

Эпĕ сире, çĕршыври ĕçсынисен представителĕсене, çаканта пирĕн Ленин партийĕн шăпи пирки тимлĕ тата хумханса нумай каланăшăн тав тăватăп.

Чăнах та, кунта пĕр кăмăллă пулни палăрчĕ, кирек мĕнле пулсан та, çак лару-тăрура хăшĕ-пĕри, тен, урăхла шухăшлать пулин те, урăхла позици енчен тухса каласма хăюлăх çитерейменĕ.

Сĕнетӳ процесĕ эффективлă пулсан, ăна политика партийĕ (сĕнелнĕ парти) тĕрĕс ертсе пырать пулсан, вăл ответлăха туллин туйса ĕçлесен, çĕршыв аталанăвĕн çак улшăнуллă, историлле, унăн шăпине татса паракан самантра халăхпа пĕрле пулсан, вăл экономика сферинче те, социаллă пурнăç сферинче те, нацисем хушшинчи хутшăнусен сферинче те чи пĕчĕк çухатусем тунипех пурпĕрех сĕнтерет.

Эпĕ те, ыттисем те çапла пĕр кăмăллă пулнине туйса илтĕмĕр тата сире çакăн пек ăнланнăшăн тав тăватпăр. Центральнăй Комитет та шăпах çапла ăнланать. Пире критиклесе каланисем тĕлĕнтермессĕ, вĕсем уйрăм пĕлтерĕшлĕ, ку е вăл сыпăкăн, çав шутра Центральнăй Комитетăн ĕçĕнчи çитменлĕхсене кăтартса парассĕ. Çакă вăл пĕтĕмпех тĕрĕс. Эпир ăна ăнланатпăр та. Çапла шутлатăп, çак темăпа критикленине те, калаçнине те, пĕтĕм дискуссие те çĕршывра ăнланса тата ырласа кĕтсе илессĕ.

Тухса каланисен сăмахĕсенче тата Мускав делегацийĕн, ытти делегацисен çырăвĕсенче партин XXVIII съездне ирттермелли вăхăта çывăхарах куçарас ыйтăва лартассĕ. Ку ыйтăва сӳтсе явнă. Эпир ахаль те съезд ирттермелли вăхăта çур çул таран çывхартнă. Вăл 1991 çулта пулмаллаччĕ, анчах эпир ăна кăçалхи октябрьте пухма йышăнтăмăр. Çак ый-

[illegible] çапла шутлассĕ, ĕçе урăхла та тума май килет: съезд ирттермелле, уи хыççăн суйлав ирттермелле. Анчах партире дискусси пулса иртмесен, эпир черетлĕ съезда анăçла тата прогрессивлă ĕçлемелли, малашнехи вăхăта кăтартса памалли тивĕçлĕ лару-тăру туса хумасан, — эпир çакна тӳрре кăларăпăр-и? Çапла пулса тухмĕ-и: хамăр шухăшлакан сĕнетӳ, центр шайĕнче вăйсене хускатасси тата сĕнетесси пурнăçа [illegible]? Атьăр-ха, тӳррĕн калаçăпăр. Платформа пулать, идейăсем нумай ĕнтĕ, çĕнĕ Устава хатĕрлес енĕпе ĕçлессĕ. Ана сӳтсе явмашкăн таратма пулать, çапла вара июнь тĕлнелле съезд ирттерме те май килет. Анчах, юлташсем, кун пирки татах та татах шухăшласа пăхмалла. Сăмах май каласан, эпир пĕрремĕш çур çулта хамăр вырăнти Советсен суйлавне ирттерес тĕлĕшпе ĕçлемеллине шута илнĕ. Вăл та — политикăлла питĕ пысăк кампани, суйлав парти организацийĕсене çĕнĕлле ĕçлеме, çĕнĕ вăйсемпе çынсене палăртма май парать.

Пĕтĕмĕшпе илсен, эпир çапла шутласа хунă. Анчах кунта çавăн пек калаçу пулчĕ пулсан, вăл, эпĕ ăнланнă тăрăх, партишĕн тăрăшнипе çыхăннă пулсан, çак шухăшсене, ку ыйтупа пулса иртнĕ çак дискусси тупсăмне эпир партин Центральнăй Комитечĕн черетлĕ Пленумĕнче пĕлтеретпĕр, вăл, эпир шутланă тăрăх, январĕн 29—30-мĕшĕсенче пулса иртет.

Эпĕ сире çапла шантарма пултаратăп, çакна пĕтĕмпех пурнăçа кĕртĕç, мĕншĕн тесен кунта эпир каланине çĕршыв тата парти пĕлсе тăрассĕ. Çапла вара, халăх калашле, кунта нимĕнле хими те пулма пултараймасть. Ку вăл питĕ пысăк пĕлтерĕшлĕ, кунта эпир пĕр-пĕрне шанса тăма тивĕçлĕ. Кунта «Кремль дворĕн» нимĕнле вăрттăнлăхĕ те çук тата пулма та пултараймасть. Чи кирлĕ ĕç пĕрре — вăл пирĕн сĕнетӳ шăпи. **(Алă çупассĕ).**

Çакăнпа, юлташсем, эпĕ хамăн кĕске сăмахăма вĕçлетĕп. Çапла шутлатăп, Пĕтĕм Союзри канашлу çĕршыври лару-тăрăва йĕркелесе çитерес тĕлĕшпе пысăк вăй хучĕ, кунпа пĕрлех сĕнетĕве хăвăртлатас, ăна ытларах вăйлатас тĕлĕшпе тĕп ыйтусене ăнланса илессине тарăнлатрĕ.

Сире çак съезда илсе килнĕ мĕнпур шухăшсемшĕн тав тăватпăр. Ĕçре пысăкрах ӳсĕмсем тума ырлăх-сывлăх сунатăп! **(Алă çупассĕ).**

• • •

Рабочи класăн, хресченсен, наука-техника работникĕсен представителĕсен Пĕтĕм Союзри канашлăвне хутшăннисем В. И. Ленин Мавзолейĕ патне чечек кăшăлĕ хунă.

**(ТАСС).**

---

[illegible] ĕçне КПСС обкомĕн пĕрремĕш секретарĕ А. П. Петров, Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн председателĕ А. М. Ле-

[illegible] Н. Катанаева — «Химпром» пĕрлешӳри ВЛКСМ комитечĕн секретарьне; П. А. Корчагина — ВЛКСМ Çĕмĕрле хула комитечĕн иккĕмĕш секретарьне;

[illegible] П. А. Корчагина — ВЛКСМ Çĕмĕрле хула комитечĕн иккĕмĕш секретарьне; В. В. Никифорова — Етĕрне районĕнчи «Выльский» совхозри ВЛКСМ комитечĕн секретарьне.

---

### Чăваш АССР Халăх контроль комитетĕнче

# СИВĔ ВИТЕРЕ, ХЫРĂМ ВЫÇÇИПЕ

## тертленет выльăх-чĕрлĕх Вăрнар районĕнчи чылай хуçалăхра

Тĕрĕслев кăтартса панă тăрăх, Вăрнар районĕнчи «Нива» агрокомбинатра выльăх-чĕрлĕхе йывăр условисенче хĕл каçарассĕ. Производство никĕсĕ начаррине пула нумай хуçалăхра выльăхсене кивелсе çитнĕ витесенче тытассĕ, фермăсенче, уйрăмах сĕт-çу фермисенче механизаци шайĕ ытла та пĕчĕк.

Вăрнарти совхоз-техникумра, сăмахран, выльăх-чĕрлĕх çурчĕсем пурте тенĕ пекех кĕç-вĕç йăтанса анас пек ларассĕ. «Ленинец» колхозра выльăхсене хупма витесем çитмессĕ. Ульянов ячĕпе, К. Маркс ячĕпе хисепленекен, «Искра», «Новый путь» колхозсемпе «Малояушский» совхозра лару-тăру йывăр.

Выльăх-чĕрлĕх витисенчен нумайăшĕнче таса мар, нӳрĕ. «Малояушский» совхозра ĕнесене пăрулаттармалли уйрăм та çук, выльăхсене санитари тĕлĕшĕнчен япăх условисенче пăрулаттарассĕ, пăрусене те çавăнтах усрасçĕ. «Искра» колхозра пăрусене нӳрĕ, таса мар витере усрассĕ.

Выльăх апачĕпе кирлĕ пек усă курманни продуктивлăха ӳстерме нумай чăрмантарать. «Новый путь», «Броневик», «Ленинец» колхозсемпе ытти чылай хуçалăхра выльăх апатне тутлăлантармассĕ, унта тĕрлĕ минералсем хушса памассĕ. Чылай хуçалăхра выльăхсен рационĕ те çук.

Çу кунĕсенче уй-хирте ӳрĕк-сӳрĕк ĕçлени халĕ хытах сисĕнет. Выльăх апачĕ сахал. Район пĕр условнăй выльăх пуçне 18,9 центнер апат единици кăна хатĕрленĕ, ку республикăн вăтам кăтартăвĕнчен вунултă процент сахалрах. Силоссăр пуçне нихăш апата та планпа палăртнă чухлĕ хатĕрлесе хуман. Çирĕм тăватă хуçалăхран вунивиççĕшĕнче выльăх апачĕ зоотехника нормипе кирлинчен çурри ытларах çеç. Выльăх апачĕн пахалăхĕ питĕ япăх. Виççĕмĕш класлă е класлă мар утă 41 процент, сенаж — 40, силоспа витаминлă курăк çăнахĕ 62 процент. Пĕрремĕш класлă сенаж пĕр тонна та çук.

Районти хуçалăхсенче ăратлăх ĕçне юхантарса янă, кĕтĕве сĕнетес тĕлĕшпе начар ĕçлессĕ. К. Маркс ячĕпе, Мичурин ячĕпе хисепленекен колхозсенче выльăхсене искусственнăй майпа пĕтĕлентерессине хакламассĕ. «Новый путь», «Искра» колхозсенче те ку ĕçре пысăк çитменлĕхсем пур. Тĕрĕсле пăхнă тăрăх, хуçалăхсем тытакан ĕнесенчен 37,7 проценчĕ çултаăкра 2500 килограмран та сахалрах сĕт антарать. Район кашни 100 ĕне пуçне 86 пăру, 100 ама пуçне 1605 çура, 100 сурăх пуçне 87 путек кăна илнĕ. Кашни ĕне пуçне республикăн вăтам кăтартăвĕнчен чылай сахалрах сĕт сунă.

Выльăх-чĕрлĕхе çавăн пек япăх пăхса усранипе районти сакăр хуçалăх иртнĕ çул аш-какай тата сĕт туса илмелли плана тултарман. Унччен хи çулхипе танлаштарсан, пилĕк колхозра аш-какай туса илессине, ултă хуçалăхра сĕт туса илессине чакарнă. Пилĕкçуллăхăн тăватă çулĕн планне аш-какай сутассипе сакăр хуçалăх, сĕтпе — пилĕк, çăм сутассипе ултă хуçалăх тултараймаи.

Туса илекен продукци хăйхаклăхĕ пысăк. Пĕр центнер сĕт туса илме 38,8 тенкĕ тăкакласçĕ. Уйрăм хуçалăхсенче выльăхсене пĕр центнер ӳт хуштарма 525 тенкĕ каять. «Малояушский» совхозра вара пĕр центнер сысна ашĕ 1050 тенке ларнă. «Самолет», «Искра», Ульянов ячĕпе хисепленекен, «Новый путь», К. Маркс ячĕпе, Суворов ячĕпе хисепленекен, «Трактор» колхозсенче выльăх-чĕрлĕх отраслĕ уйрăмах тăкак кӳрет.

Тĕрĕсленĕ хуçалăхсенчен кашниннех фермăсенче отчетпа учет ĕçне начар туса пынине палăртнă. Çамрăк выльăхсене вăхăтра шута илмессĕ, çакă вăл вĕсем вилнине пытарса хăварма май парать. Агрокомбинатăн тĕп зоотехникĕ Г. П. Романов хуçалăхсенчи зоотехниксенчен çирĕп ыйтас вырăнне хăй час-часах йĕркене пăсать. Вăл статистика отчетĕнче Мичурин ячĕпе хисепленекен колхозри ĕнесен шутне 20 пуç ӳстерсе кăтартнă.

Районта выльăхсем нумай вилессĕ. Иртнĕ çул çавна пула пĕтĕмĕшле тăкак 130 пин тенкĕрен иртсе кайнă, айăплисенчен вара пурĕ те 5,9 пин тенкĕ кăна шыраса илнĕ.

Районта витесем тăвассишĕн, фермăсене механизацилессишĕн агрокомбинат директорĕн заместителĕсем В. А. Даниловпа Л. Г. Николаев тӳрремĕнех ответлă, анчах вĕсем çак ĕçе тивĕçлипе йĕркелесе пымассĕ. Витесене реконструкцилемелли, çĕнĕрен объектсене ĕçе ямалли плансем çулсерен тулмасăр юлассĕ. Районта ĕне выльăх фермисен — 45 процентне, сысна фермисен — 79, сурăх фермисен 13 процентне çеç комплекслă механизациленĕ. «Чувашагропроммехмонтаж» трестăн «Вурнарская» мехколонни строительство ĕçĕсене вăрах пурнăçлать, объектсене вăхăтра ĕçе ярассишĕн тимлĕ тăрăшмасть.

Районти хуçалăхсенче выльăх-чĕрлĕх витисене механизацилеме кӳрсе килнĕ оборудованипе кирлĕ пек усă курмассĕ. Сăмахран, «Ленинец» колхозра апат валеçмелли тата ăна тутлăлантарса хатĕрлемелли оборудовани питĕ япăх упрассĕ. К. Маркс ячĕпе хисепленекен колхозра вара ĕне витине вырнаçтарма туяннă 54 пин тенкĕлĕх оборудовани усă çĕртех сапаланса выртать.

Выльăх-чĕрлĕх витисем тумалли плансене тултарманшăн, вĕсене начар реконструкциленĕшĕн тата механизациленĕшĕн комитет В. А. Даниловпа Л. Г. Николаева выговор панă. Главнăй зоотехник тата ытти ответлă çынсем пирки çитес ларура ыйту пăхса тухма йышăннă.

---

### СССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн Указĕ

**БАКУ ХУЛИНЧЕ ЧРЕЗВЫЧАЙЛА ЛАРУ-ТАРУ ТУСА ХУРАССИ ÇИНЧЕН**

Баку хулинче лару-тăру тăруках çивĕчленсе кайнă, вăрă-хурахла экстремистла вăйсем массăллă йĕркесĕрлĕхсем туса хурса, вăйпа усă курса, законлă йĕркепе ĕçлекен государство органĕсене влаçран сирсе яма хăтланнă май тата гражданӑсен интересĕсемпе хăрушсăрлăхне хӳтĕлес тĕллевпе СССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ, СССР Конституцийĕн 119 статйин 14 пункчĕпе килĕшӳллĕн, çапла йышăнать:

1990 çулхи январĕн 20-мĕшĕнчен пуçласа Баку хулинче чрезвычайлă лару-тăру туса хурас, çак территорие СССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ 1990 çулхи январĕн 15-мĕшĕнче йышăннă Указ вăйне сарас.

**СССР Верховнăй Совечĕн Председателĕ М. ГОРБАЧЕВ.**

Мускав, Кремль.
1990 çулхи январĕн 19-мĕшĕ.

---

## КАНДИДАТА РЕГИСТРАЦИЛЕНĔ

Шупашкар хулин Ленин районĕнчи 2-мĕш Ленинградски суйлав округĕнчи суйлав комиссийĕ Владимир **Юрьевич Васильева** — Чăваш АССР халăх депутатне суйлама тăратнă кандидата — регистрациленĕ.

В. Ю. Васильев 1954 çулта çуралнă, «Шупашкарти электроаппаратура завочĕ» производство пĕрлешĕвĕн художник-оформитель ĕçне пурнăçлать, партире тăмасть. Шупашкарта пурăнать.

## ХИСЕПЛĔ ЯТ ПАНĂ

РСФСР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн 1990 çулхи январĕн 19-мĕшĕнче йышăннă Указĕ тăрăх, рационализаторла ĕçе нумай çул хушши ăнăçлă туса пынăшăн Петр Васильевич **Баганова** — Куславккари автофургонсен комбиначĕн цех начальникне — **«РСФСР тава тивĕçлĕ рационализаторĕ»** хисеплĕ ят панă.

*● В. И. Ленина асăнса*

# ЧĔРЕРЕН ХИСЕПЛЕНИНЕ ПАЛĂРТСА

**Большевиксен партине йĕркеленĕ, Совет государствине туса хунă В. И. Ленин çуралнăранпа кăçал 120 çул çитет. Çав паллă куна кĕтсе илме хатĕрленсе, хаçатра ятарласа рубрика уçрăмăр. «В. И. Ленин çуралнăранпа 120 çул çитнĕ май» çĕнĕ рубрика пуçласа «Коммунизм ялавĕн» кăçалхи январĕн 14-мĕшĕнчи номерĕнче тухрĕ. Çулпуçăн Мускаври Кремлĕнчи кабинечĕпе хваттерĕн фончĕсен заведующийĕ Л. И. Кунецкая «Нумайрах пĕлетĕн — ытларах тĕлĕнетĕн» интервьюра Владимир Ильич пурнăçĕнчи юлашки çулсем çинчен эпир пĕлменнине каласа кăтартрĕ.**

**Хаçат редакцийĕ кунта кăтартнă рубрикăпа çулпуçăн ĕçĕ-хĕлĕпе, пурнăçĕпе çыхăннă çĕнĕ материалсем пичетлеме палăртать, вĕсене хатĕрleме историксемпе ученăйсем, краеведсем, çавăн пекех ытти çынсем те хутшăнасса шанать.**

Етĕрне хулипе ун çывăхĕнчи ялсен пурнăçĕнче Совет влаçĕн малтанхи вунă çуллăхĕнче В. И. Ленин ячĕпе çыхăннă самантсем пĕрре кăна мар илсе кăтартма пулать. Çук, пачах та тĕттĕм кĕтес пулман ку тăрăх. Суту-илӳ çулĕсем те иртнĕ кунтан, халăх ытларах Чулхулана туртăннă. Шкулсем те чылай пулнă. Гимназипе реальнăй училище çамрăксене вăтам пĕлӳ панă. Хуларах аслă пуçламăш училище (тулли мар вăтам шкул) ĕçленĕ. Вĕреннĕ çынсем те йышлă пулнă çавна май. Ахальтен мар Етĕрнери малтанхи большевиксем учительсен, реальнăй училище пĕтернĕ çамрăксен йышĕнчен тухнă.

Çĕнĕлĕхе ăнтăлакан çынсене, паллах, мещен хулин йăли-йĕрки килĕшмен. Сутăçăсем Етĕрнере 40 ытла магазин тытнă. Етĕрне мещенĕсем те. Сăр шывĕн çулахай çыранĕнчи чылай вырăс ялĕсенчи çынсем те хулари чиркӳсене çӳренĕ. Виçĕ прихут ĕçленĕ кунта. Çав чиркӳсем патĕнче ласар-ярмăркка иртнĕ. Купца-сутăç лавккисем çаканта тухакан тата юнашар урамсенче вырнаçнă. Широкая тенĕ ĕлĕкхи чи тĕп урама. Юнашар — Троицки урамĕ, унти чиркӳпе пĕр ятлăскер, Татах кайсан, Сиротская урам (унта малтан ларакансем тăлăхсем пулнă-и, тен?)

Революци самани сутă ĕçне пăрахтарнă. Чиркӳпе тĕн витĕмлĕхĕ сисмеллех чакнă. Ытти пысăк улшăнусем те пулса иртнĕ. Совет влаçĕ ураланса çитнĕ, коммунистсен уесри комитечĕ чăмăртаннă, Етĕрнери хавхаланса ĕçлекен коммунистсем 1918 çултах Мускава, В. И. Ленин патне, пĕрре мар саламлă телеграммăсем çаптарнă.

Çав телеграммăсенчен пĕри — Совет влаçĕ пĕр çул тултарнă ятпа çулпуç патне янăскер. Çавăн чухнех уес Совечĕн ĕçтăвкомĕ (ун чухне хула Совечĕ пулман-ха) çапла йышăннă: хăшпĕр урам ячĕсене улăштарса çĕнетес! Широкая урам — Ленин урамĕ; Троицкая — Карл Маркс урамĕ пулса тăнă. Сиротская урама Лев Толстой урамĕ ят хунă пулнă, анчах та каярахпа унăн ятне икĕ хутчен улăштарнă: пĕр вăхăт вăл Краснов ячĕпе хисепленнĕ, халĕ «50 лет Октября» ятлă. Етĕрнере çеç мар палăрнă çавăн пек майпа «пурнăçа çĕнетесси». Кунта та революци самани çуратакан кашни çĕнĕлĕхе янравлă ят панă: рабочи клубĕ III Интернационал ятне илнĕ, спортсменсен клубĕ вара — «Революцие ĕненни» («Революционная вера», е кĕскенрех каласан, «Ревера»).

Ун пек туртăм хула тăрăхĕнчи вырăс ялĕсене пырса кĕнĕ. Анчах сакна ăнлантариччен акă мĕн каласа хăвармалла: 1918 çулта Етĕрне уесĕнче чăвашсемпе вырăссем хушшинче хирĕçӳсем тапранса кайнă. Чăвашсем пурăнакан кăнтăрти вулăссем, вырăссенчен уйрălса, Нурăс уесĕ тăвас тĕллеве тапратнă. Çавна кура хула çыннисем, Стрелецки Слободa вулăсĕнчи вырăс ялĕсемпе пĕрле, Васильсурск уесне кĕме йышăннă. Нацисем хушшинче хирĕçӳсем тапрансан, Елкинăпа Чаганар ялĕсем Етĕрне вулăсĕнчен, Вырăс Чураш вара Турай вулăсĕнчен тухнă, Чаганар вулăсĕ туса хунă. Тавлашусен вĕриллĕхĕ сивĕнсе (уйрălас шухăша пăрахăçланă), вырăс ялĕсене пĕр вулăса пуçтарас шухăш тапраннă. Çапла майпа, Чаганар вулăсне кĕртсе, пысăкланнă 1919 çулхи сентябрь уйăхĕнче Стрелецки Слобода вулăсĕ. Çавăн чухнех ăна В. И. Ленин ятне панă. Çичĕ çул хушши — 1927 çулхи октябрьте районсем тăвиччен, вулăссене пăрахăçличчен çулпуç ячĕпе çӳренĕ ку вулăс.

Октябрь революцийĕ икĕ çул тултарнă май каллех хăйне май чысланă Владимир Ильича Етĕрнере — ку хутĕнче унăн ятне уесри тĕп библиотекăна панă.

Паян куна илсен, самаях пуян вара çак культура учрежденийĕн историйĕ. Çĕнĕ стильпе пăхсан, халĕ, январĕн 13-мĕшĕнче, шăпах 100 çул çитрĕ Етĕрнере библиотека уçнăранпа. Хулара пурăнакан интеллигенци хывнă укçапа 1890 çулта йĕркеленĕ ăна. Пилĕк çул хушшинче библиотекăна 1410 кĕнеке сутăн илсе пухнă, 3 хаçат, 11 журнал çыранса илнĕ. Тĕнче вăрçи умĕн библиотекăра 2450 кĕнеке пулнă. 1916 çулта хаçат-журнал çыранса илме 242 çын 138 тенкĕ те 50 пус укçа пухса панă, çав укçапа тата хула управипе уесри земство пулăшнипе (унтан библиотекаре шалу та тӳленĕ) 19 журнал çыранса илнĕ. Тĕлĕнмелле вăхăт пулнă 75—80 çул каялла: библиотекăна пыракансен хаçат-журнал вуланăшăн хăйсен тӳлеме тивнĕ, унсăрăн нимĕн те вулаттарман. Хальхипе танлаштарсан, вĕренниcем те тем пек йышлă пулман ĕлĕк.

Революци саманинче хула библиотеки пĕр хушă ĕçлемен, ăна 1919 çулта тин йĕркелесе янă. Унти Таланцев хуçасен килĕнчи библиотекинчи вуншар пин кĕнекене куçарнă. Хусантан кĕнеке нумай ярса панă. 30 пине çитнĕ кĕнекесен шучĕ. Халăх сурчĕсем, вулăс библиотекисем, вулав çурчĕсем валли кунтан пĕчĕк библиотекăсем ярса тăнă.

Районсем тунă хыççăн, уйрăмах 30-мĕш çулсене кĕрсен, Етĕрнери библиотекăна В. И. Ленин ячĕпе хисепleме пăрахнă. Унта ĕçлекенсем вĕсĕмех улшăнса тăнăран та килнĕ çакă. Самани те çулпуç ятне мантарнă.

100 çулхи юбилее палăртнă май, манăн район библиотекин кун-çулне тĕпчеме тиврĕ. Вăл 70 çул каялла Владимир Ильич ятне илни савăнтарса ячĕ паянхи культурăра ĕçлекенсене. Çулпуç ятне сыхласа хăвармалла! — терĕç вĕсем пурте пĕр шухăшлăн.

Ленин — вăл çутă пуласлăх. Çирĕп ĕненнĕ çакна мĕльюншар çын. Çакна 20-мĕш çулсенче Етĕрне уесĕнчи çĕнĕ ялсене çулпуç ячĕпе хисепленинчен те куратпăр. Калăпăр, асăннă çулсенче Янăм тăрăхĕнче Çинçе Улăх хутăрĕ пулнă. Владимир Ильич вилсен, çак пĕчĕк ял çыннисем хутăра Ленина тесе ят панă (вырăсла «имени Ленина» тенинчен чăвашлатнă пулмалла). Ленино (Ленин поселокĕ) халь те пур Янăм ял Советĕнче.

1920 çулта Зубов помещик имениĕнче (Засурье салинче) выльăх-чĕрлĕх тата ăратлă лаша ĕрчетекен совхоз йĕркелесен, часах ăна сарма тивнĕ. В. И. Ленин вилнĕ хыççăн çак совхоз (лаша завочĕ те тенĕ ăна) çулпуç ячĕпе хисепленме тытăннă. Пурăна киле ку хуçалăха, ăратлă лашасем çеç ĕрчетнĕрен, темиçе тĕрлĕ ят та парса пăхнă (халĕ вăл В. И. Чапаев ячĕпе хисепленет). В. И. Ленин ячĕ вара пĕр хушă заводăн 1-мĕшпе 2-мĕш участокĕсенчи поселоксенче юлнă. 1963 çултанпа, вĕсен уйрăм ят пур — Совхозный тата Лесной поселоксем (Иваньково ял Советне кĕреççĕ).

Çакăнта çырса кăтартнă самантсем, тен, историшĕн ытла пысăк пĕлтерĕшлĕ пек туйăнмаççĕ те. Совет саманин малтанхи вунăçуллăхĕнче ĕççыннисем В. И. Ленин ятне çĕнĕ пурнăç, ĕмĕтри коммунизм символĕ вырăнне хунă, ăна чун-чĕререн хисепленине палăртса, ялсемпе предприятисене, культура учрежденийĕсене çулпуç ятне панă. Ку вăл халăха ĕçре хавхалантарнă, йывăрлăхсене çĕнтерме пулăшнă.

А. ИЗОРКИН,
истори наукисен кандидачĕ.

*● Политикăпа экономика вĕренĕвĕ*

# АКТИВЛĂХ ӲСЕТ

Демократи вăй илсе пынă май, хуçалăха тытса пырас ĕçре çĕнĕ меслетсемпе усă курма пуçларăмăр. Малтанлăха пăхсан, çĕнни кунта нимех те çук пек. В. И. Ленин 1918 çултах çапла çырнă: «Рабочи тĕрĕслевĕн пĕр-пĕр закон пекех çирĕп йĕркеллĕ пулмалла. Анчах нумайăшĕ кун пирки илтмен те-ха». Унтанпа çак ĕçре ырă улшăнусем пулнă-ши? Çук. В. И. Ленин палăртнă шайран кăшт та хăпарайман эпир.

Предприяти е организаци мĕнле условисенче ĕçлени çинчен пĕтĕм коллектива вăхăтра пĕлтерсе тăмалла. Хуçалăха тытса пырас ĕçе активлă хутшăнас тесен, экономика мĕнле аталаннине тата экономика законĕсене лайăх пĕлмелле. Кунта экономика вĕренĕвне йĕркелемесĕр май çук-тăр.

Производствăпа экономика семинарĕсем пысăк усă пама пултараççĕ. Вĕсене лайăхрах иртересси пирки халиччен нумай каласнă. Вĕрентӳ ĕçĕнче усă курма çĕнĕ меслетсем сахал мар çĕннĕ. Анчах экономика вĕренĕвĕн уссине курсах кайман. Ара, ăна тӳрремĕнех производствăпа, ĕç вырăнĕпе сыхăнтарманçке. Ытларах çĕршыв экономики пирки калаçнă.

Халĕ вара çакнашкал тĕслĕхсене пĕтерсе пыратпăр. Итлекенсен активлăхĕ палăрмаллах ӳсрĕ. Çакна вĕсем паракан кăткăс ыйтусенчен те туйса илетĕп.

Занятисенче арендăпа ĕçленĕ условисенче ĕç укçи тӳлесси тата экономикăн çĕнĕ çыхăнăвĕсене йĕркелесси, госзаказ, укçа-тенкĕ тĕлĕшĕнчен хавхалантарасси, инфляци, акционер предприятийĕсем, рынокла экономика пирки çивĕч каласу пулать. Ялан тенĕ пекех хире-хирĕçле шухăш палăрать.

Занятисенче мĕн каласни вĕренӳ кабинетĕнчех ан юлтăр тесе тăрăшатăп. Халиччен пĕлменнине производствăра усă курма хистетĕп.

Итлекенсем цехра арендăн хăшпĕр мелĕпе ĕçлеме сĕнчĕç. Руководительсем çакна шута илчĕç. Ку ыйтупа ятарласа пуху ирттертĕмĕр, çĕнĕ услови çине куçас тĕлĕшпе тумалли ĕçсене палăртрăмăр. Мĕн шутлани пурнăçланчĕ, темелле.

Занятисенче ытларах «Дискусси» тата «Ĕçлĕ вăйă» формăсемпе усă куратăп. Вĕсенче çĕнĕ Законсене, Л. Абалкин, А. Аганбегян, ытти ученăйсен статйисене сӳтсе яватпăр. Калас пулать, занятисене тĕплĕн хатĕрленмесĕр йĕркеллĕ ирттереймĕн. Савăнпа чылай ĕçлеме тивет. Кашнин шухăшне шута илме, пĕтĕмĕшле каланине тĕслĕхсемпе çирĕплетме, хам шухăша ĕнентерме тăрăшатăп.

Чăн та, кашни дискуссиех малтан шутланă пек пулаймасть-ха. Хăшпĕр чухне митинг еннелле суланатпăр. Пĕр-пĕрин шухăшне хисепленни пулкалать. Пĕри теприне пӳлсех каласма пуçласан вара хăлха янăрама пуçлать. Ун пек чухне хăшпĕрисене ăнланса та пĕтерейместĕн. Тавлашу культурине вĕренмелле пирĕн. Кун пирки час-часах асăрхаттаратăп-ха. Анчах усси сахалрах.

Занятисенче ытларах заводпа, цехпа тата участокпа çыхăннă экономика ыйтăвĕсене сӳтсе яватпăр. Паллах, кунта çĕршыв экономикипе çыхăннă çивĕч ыйтусене те шута илетпĕр.

Итлекенсем халĕ нумай пĕлесçĕ. Пропагандистăн вĕсенчен юлмалла мар ĕнтĕ. Хăйсен пĕлĕвне ӳстерме тăрăшмалла. Эпĕ заводри пропагандистсен семинарĕсене хапăлласах хутшăнатăп. Сăмахран, педагогика наукисен кандидачĕ С. М. Дяпидовская ертсе пынипе иртернĕ ĕçлĕ вăйăсем, рабочисемпе парти обкомĕн тата хула комитечĕн работникĕсен тĕлпулăвĕсем интереслĕ пулчĕç. Заводра Орджоникидзе ячĕпе хисепленекен институт специалисчĕсем те лекци вулаççĕ.

Çакна палăртмалла: занятисенче программăна кĕртмен ыйтусене те пăхса тухатпăр. Кунтан та ытларах — занятисен темине тата вĕсен формине пропагандистпа итлекенсем хăйсем суйласа илеççĕ.

Занятисене камсен кăмăлĕ пур, çавсем те пыраççĕ: рабочисем, мастерсем, ĕç коллективĕн совечĕн членĕсем... Экономика пĕлĕвĕ çитменнине туяççĕ пулас.

Занятисене интереслĕ иртерес тесен, вĕсене лайăхрах хатĕрленмелле. Анчах вăхăт ситменни касать. Заводри парти пухăвĕнче пропагандистсене занятисене хатĕрленме пĕр кун парасси пирки ыйту çĕклерĕç. Чăн та, ăна татса пама сăмăл мар ĕнтĕ... Ĕç нумай пропагандистсен. СССР халăх депутачĕсен иккĕмĕш съезчĕ обществăри пысăк проблемăсене яр-уççăн кăтартса пачĕ. Вĕсене пăхса тухмалла пулать.

С. ГОРЕЛОВА,
Шупашкарти агрегат заводĕнчи пропагандист.

«НИКУЛИНСКИЙ» совхоз Пăрачкав районĕнчи чи аякрисенчен пĕри. Темиçе çул каялла çак хуçалăха ситесси чĕр кушă пулнă. Халĕ унта тикĕс çулпа темиçе минутранах пырса тухатăн.

Çул-йĕр япăххи хуçалăха аталанма çеç мар, çынсен кулленхи йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерессинче (медицина пулăшăвĕ илесси, кĕпе-тумтир çĕлеттересси, тавар туянасси тата ытти те) те пысăк чăрмав кӳнĕ. Совхозри ялсем пушанма тытăннă, çамрăксем хулана туха-туха кайнă. Ĕç алли çитменни хуçалăхшăн чи çивĕч ыйту пулса тăнă.

Халĕ вара «Никулинский» совхоз хăйĕн иккĕмĕш çуралăвне паллă тăвать тесен те юрать. Çĕнетӳ варкăшĕ ырă улшăнусем илсе килнĕ хуçалăха. Юлашки темиçе çул хушшинче çеç кунта вуншăр производствăпа социаллă йăла объекчĕсем ӳссе ларнă. Иртсе кайнă 1989 çула çеç илер. 200 ĕне усрамалăх вите, магазин, 50 вырăн валли ача сачĕ, 10 койка вырнаçмалăх медицина амбулаторийĕ, пурăнмалли 6 сурт хута янă. Никулинăра халĕ çĕнĕ урам — çамрăксен урамĕ çĕкленнĕ, 38

*● Шупашкар Улăпĕ*

# Сăнавра — трубоукладчик

**АСТАВАТПĂР-ХА: ТЕМИÇЕ ÇУЛ КАЯРАХ ТЮМЕНЬ ОБЛАСĔН СУРÇĔР ПАЙĔНЧЕН ÇĔРШЫВ ЦЕНТРНЕ СИТИ ГАЗ МАГИСТРАЛĔСЕМ ХЫВМА ТЫТĂНЧĔÇ. ВĔСЕМ ПИРĔН РЕСПУБЛИКА ÇĔРĔ УРЛĂ ТА ИРТЕÇÇĔ. СТРОЙКĂРА ĔÇЛЕКЕН ХĂВАТЛĂ ТЕХНИКА ЧĂННИПЕХ ТĔЛĔНТЕРЕТЧĔ.**

**АНЧАХ, ТЕПРЕН ИЛСЕН, УРĂХ ÇĔРШЫВСЕНЧЕН ТУЯННĂ ТРУБОУКЛАДЧИКСЕМПЕ УСĂ КУРМА ТИВНĔ. ХАМĂР ÇĔРШЫВРА ÇАВĂН ПЕК ХĂВАТЛĂ ТЕХНИКА ТУСА КĂЛАРМАН: АКĂ МĔНШĔН «ШУПАШКАРТИ ПРОМЫШЛЕННОСТЬ ТРАКТОРĔСЕН ЗАВОЧĔ» ПĔРЛЕШӲРЕ Т-330 ТАТА Т-500 ТРАКТОРСЕН НИКĔСĔ ÇИНЧЕ ТРУБОУКЛАДЧИКСЕМ ТУМА ЙЫШĂННĂ ТА.**

Нефтьпе газ строительстви министерстви Мускав облаçĕн Раменск хули çывăхĕнчи тепе сăнав полигонĕ. Шурă пасла хупланă вăрман витĕр иртекен шоссе полигон патне илсе çитерет. Хапхаран кĕрсенех куç умне мастерскойсем, выставка павильонĕ тата усă площадкăри техника — траншея чавмалли нумай алтăрлă, пысăк тухăçлă ĕçлекен хăватлă экскаваторсем, пысăк диаметрлă хурçă пăрăхсене авмалли сĕрсен тонна пусăмлă лекен, антаракан лебедкăн механизмĕсен, тормоссен, пĕрремĕшпе иккĕмĕш хăвăртлăхĕсен ĕçри шанчăклăхне 100 процентă çитересси. Полигонри сăнав ĕçĕ нумай енлĕ. Кунтах статикăпа динамика сăнавĕсем, тиев характеристикин сăнавĕсем. Шайлаштармалли йывăрăшпа тĕрлĕ положенире палăртаççĕ.

Сăнав программипе палăртнă ĕçсем ăнăçлă пурнăçланаççĕ. Çапла шутлаççĕ Д. Губскипе А. Кузнецов инженерсем. Пĕ-

тухатăн.

Сул-йĕр япăххи хуçалăха аталанма çеç мар, çынсен кулленхи йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерессинче (медицина пулăшăвĕ илесси, кĕпе-тумтир çĕлеттересси, тавар туянасси тата ытти те) те пысăк чăрмав кÿнĕ. Совхозри ялсем пушанма тытăннă, çамрăксем хулана туха-туха кайнă. Ĕç алли çитменни хуçалăхшăн чи çивĕч ыйту пулса тăнă.

Халĕ вара «Никулинский» совхоз хăйĕн иккĕмĕш çуралăвне паллă тăвать тесен те юрать. Çĕнетÿ варкăшĕ ырă кайăнусем илсе килнĕ хуçалăха. Юлашки темиçе çул хушшинче çеç кунта вуншар производствăпа социаллă пахаллă объектсем ÿссе ларнă. Иртсе кайнă 1989 çулта çеç илĕр. 200 ĕне усрамалăх вите, магазин, 50 вырăн валли ача сачĕ, 10 койка вырнаçмалăх медицина амбулаторийĕ, пурăнмалли 6 сурт хута янă. Никулинăра халĕ çĕнĕ урам — çамрăксен урамĕ çĕкленнĕ. 38 семье пурăнать унта. Хăйсен хастар ĕçĕпе палăрма ĕлкĕрнĕ А. Быков, Н. Глухов пек çамрăк механизаторсен çемйисемсĕр пуçне кунта нумай пулмасть кăна çемье чăмăртанă А. Денисов электрикпа В. Глухов механизатора та хваттер уççи панă.

Хăйсен урамне çамрăксем паллă ентешĕ — Вера Жакова писательница ятне панă.

Хуçалăхри пушанма пуçланă ялсенче халĕ ачасен шавлă сасси ытларах та ытларах илтĕнет. Çамрăксен урамĕнче çеç вуншар ача ÿсет. Ача йышĕ ÿсни малашлăхсăр тесе шутланнă ялсем çине те урăхла пăхма хистет. Акă, пĕлтĕр Зеленый Дол ялĕнче шкула çÿрекен пилĕк ача, шкул çулне çитмен 6 ача валли ятарласа пĕчĕк калăпăшлă шкул-ача сачĕ уçнă. Республикăри Çутĕç министерстви умне Никулинăри тулли мар вăтам шкула вăтам шкул тума ыйту лартнă.





# Ялта—çамрăксен урамĕ

**Фоторепортаж**

Совхозра пулса иртекен ырă улшăнусене ял çыннисем хуçалăхри руководительсен ячĕпе çыхăнтараççĕ. Çулĕпе çамрăк пулсан та, вĕсем хăйсене шанса панă ĕç çине пысăк ответлăхпа пăхаççĕ, çаврăнăçулăхпа пуçарулăх кăтартаççĕ. Совхоз директорĕ — Л. Г. Васильев районти чи çамрăк руководительсенчен пĕри. 29 çулта çеç вăл. «Никулинский» совхоза Çĕрпÿ районĕнче çуралса ÿснĕ чăваш каччи Шупашкарти ялхуçалăх институтне вĕренсе пĕтернĕ хыççăн хăйĕн ирĕкĕпе — юлса пыракан хуçалăха ура çине çĕклес тĕллевпе — килнĕ.

Малтан главнăй инженер пулса ĕçленĕ. Тепĕр çултан, 1987 çулта, ял ĕçченĕсем ăна, пултарулăхне кура, совхоз директорĕ пулма суйланă.

Хуçалăхри партком секретарĕ — Н. А. Быков та çамрăк. Директортан вăл тăватă çул аслăрах. Николай Александрович та Леонид Григорьевич пекех ял çыннисен ĕçпе пурнăç условийĕсене лайăхлатмасăр ялхуçалăх производствине малалла аталантарма çук тесе шутлать. Çавăнпа та дирекципе партком çынсемпе, кадрсемпе ĕçлессине пуринчен мала хураççĕ. Специалистсене суйласа илнĕ çĕрте вара вĕсен çĕнĕлĕх туйăмĕ пысăккине, пуçаруллă пулнине, çынсемпе ĕçлеме пултарнине хаклаççĕ.

Акă, çулла хуçалăхра Чăваш ялхуçалăх институтĕнчен килнĕ студентсен отрячĕ ĕçленĕ. Унăн командирĕ — Виталий Семенов — хуçалăх руководителĕсене кирек мĕнле йывăрлăха та çĕнтерме пултарнипе, çынсемпе пĕр чĕлхе тупма пĕлнипе тĕлĕнтернĕ. Виталий кăçал алла диплом илет. Хуçалăх руководителĕсем ăна совхоза главнăй агроном пулса ĕçлемешкĕн килме чĕннĕ. Семенов килĕшнĕ.

Хуçалăхра практикăра пулнă В. Ильинпа Ю. Афанасьев студентсем те хăйсен пуçарулăхĕпе палăрнă. Вĕсене те совхозра ĕçлеме чĕннĕ. Урăхла каласан, кăçал çеç хуçалăха 6 çĕнĕ специалист (Семенов та, Ильин та, Афанасьев та совхоза çемйисемпе килме кăмăл тунă) хушăнмалла.

— Кăмăн кăмăл пур, пурне те пирĕн совхоза ĕçлеме чĕнетпĕр. Пурин валли те ĕç тупăнĕ, — тет партком секретарĕ.

Çынсемшĕн тăрăшни совхоз пурнăçне, унăн кăтартăвĕсене лайăхлатма пулăшать. Акă, кадрсен ыйтăвĕн çивĕчлĕхĕ чакнă, плансене ăнăçлă пурнăçлама тытăннă. Чи кирли — ял ĕçченĕсем ыранхи кун çине шанăçпа пăхаççĕ, таван хуçалăха хăйсен вăйĕпе çеç çĕклеме пулать тесе шутлаççĕ.

**К. ПОРТНОВ.**



**Ӳкерчĕксем çинче:** совхозра халь çеç туса пĕтернĕ медицина амбулаторийĕнче Парачкаври «Агропромэнерго» пĕрлешĕвĕнчи М. Кулясов, А. Зотов, М. Янков электромонтажникçем юлашки ĕçсене пурнăçлаççĕ; Вера Жакова ячĕпе хисепленекен çамрăксен урамĕнче çĕнĕ ăру çитĕнет; ялта чи ырă сăмаха тивĕç çын — ялти фельдшер пункчĕн заведующийĕ В. Лунькова.

С. Игнатьев фотоӳкерчĕкĕсем.

# трубоукладчик

**АСТАВАТПАР-ХА: ТЕМИÇЕ ÇУЛ КАЯРАХ ТЮМЕНЬ ОБЛАСĔН СУРСЕР ПАЙĔНЧЕН ÇЕРШЫВ ЦЕНТРНЕ СИТИ ГАЗ МАГИСТРАЛĔСЕМ ХЫВМА ТЫТĂНЧĔÇ. ВĔСЕМ ПИРĔН РЕСПУБЛИКА ÇĔРĔ УРЛА ТА ИРТĔÇÇĔ. СТРОЙКĂРА ĔÇЛЕКЕН ХĂВАТЛĂ ТЕХНИКА ЧĂННИПЕХ ТĔЛĔНТЕРЕТЧĔ. АНЧАХ, ТЕПРЕН ИЛСЕН, УРАХ ÇĔРШЫВСЕНЧЕН ТУЯННА ТРУБОУКЛАДЧИКСЕМПЕ УСĂ КУРМА ТИВНĔ. ХАМĂР ÇĔРШЫВРА ÇАВĂН ПЕК ХĂВАТЛĂ ТЕХНИКА ТУСА КĂЛАРМАН: АКĂ МĔНШĔН «ШУПАШКАРТИ ПРОМЫШЛЕННОСТЬ ТРАКТОРĔСЕН ЗАВОЧĔ» ПĔРЛЕШĔВĔ Т-330 ТАТА Т-500 ТРАКТОРСЕН НИКĔСĔ ÇИНЧЕ ТРУБОУКЛАДЧИКСЕМ ТУМА ЙЫШĂННĂ ТА.**

Нефтьпе газ строительстви министерствин Мускав облаçĕнчи Раменск хули çывăхĕнчи тĕпренпе сăнав полигонĕ. Шурă [пасна хуплавă вăрман витĕр иртекен шоссе полигон патне илсе çитерет. Хапхаран кĕрсенех куç умне мастерскойсем, выставка павильонĕ тата уçă площадкăри техника — траншея чавмалли нумай алтăрлă, пысăк тухăçлă ĕçлекен хăватлă экскаваторсем, пысăк диаметрлă хурçă пăрăхсене авмалли çĕршер тонна пусăмлă прессем, шурлăхлă вырăнта ĕçлеме пултаракан бульдозерсем, шоссесемпе чугун çулсем айĕнче пăрăх хумалли, пăрăхсене тасатмалли, изоляци çыпăçтармалли хальхи вăхăтри автомат-агрегатсем...

Уçă площадкăри техника çинчен сахал мар каласа пама пулĕччĕ. Полигонăн тĕп инженерĕ Н. Елесин ăнлантарнă тăрăх, павильонта нефтьпе газ стройкисенчи çĕнĕлĕхсене анлăн кăтартаççĕ. Ку выставка отрасльти специалистсем валли.

Полигонра вара сăнав ĕçĕсене хутшăнакан техника. Вĕсен шутĕнче — Шупашкарта пухнă ТГ—25.01 тракторсем. Вĕсем çине Тюменьти строительство машинисен заводĕнче пăрăх хывмалли оборудовани вырнаçтарнă. Полигонра трактор-трубоукладчиксене пĕтĕмпех пухса пĕтернĕ. Трубоукладчик марки — ТГ-321. Гидравликăпа ĕçлекен трубоукладчик 32 тонна таран çĕклет. Колоннăра темиçе трубоукладчик пĕрле ĕçлеççĕ.

Программăпа палăртнă тăрăх халĕ тиевпе çÿрев сăнавĕсем пыраççĕ. М. Белов водитель-сăнавçăпа А. Павлович инженер-механик трубоукладчика тĕплĕн пăхса çаврăнчĕç, тĕрĕслерĕç. Пурте йĕркеллĕ. Инженер водитель-сăнавçăна смена заданийĕпе паллаштарчĕ. Стрелана 1,5 метр тăйăлтарса, 32 тонна тиевпе 10 километртан кая мар çÿремелле, тиеве икçĕр хутчен антарса хăпартмалла.

Çирĕм градус сивĕре полигонра пĕрремĕш номерлĕ трактор-трубоукладчик сасси кĕрлесе кайрĕ. Смена заданине пурнăçлама тытăнчĕç.

Сăнав ĕçĕсемпе тĕплĕнрех интересленетĕп. Сăнавçăсен калаçăвĕнче «корзина», «цикловка» сăмахсем час-часах илтĕнеççĕ. «Корзина» — хурçă листасенчен сваркăпа шăратса çыпăçтарнă пысăк калăпăшлă алтăр. Унăн йывăрăшĕ 8 тонна. Сăнавсен тапхăрĕнче корзинăна 45 тонна таран тиемелле пулать. «Цикловка» — тĕрлĕ виçевлĕ йывăрăшпа стрелана антарса хăпартни. Миçе цикл иртнине автомат-счетчик шутлать.

Сăнав программипе палăртнă тăрăх трубоукладчикăн полигон çулĕсемпе тĕрлĕ тиевпе 350 километр çÿремелле. Тăвайккине хăпарнă, анаталла аннă чухне машина хăйне мĕнле тытнине тĕрĕслемелле. 7.3, 7.6 метр тата 8,8 метр вăрăмăш стрелисене улăштарса ĕçлеççĕ.

**Сăнав тĕллевĕ — груз çĕк-** лекен, антаракан лебедкăн механизмĕсен, тормозсен, пĕрремĕшпе иккĕмĕш хăвăртлăхĕсен ĕçри шанчăклăхне 100 процента çитересси. Полигонри сăнав ĕçĕ нумай еилĕ. Кунтах статикăпа динамика сăнавĕсем, тиев характеристикин сăнавĕсем. Шайлаштармалли йывăрăша тĕрлĕ положенире палăртаççĕ.

Сăнав программипе палăртнă ĕçсем ăнăçлă пурнăçланаççĕ. Çапла шутлаççĕ Д. Губскипе А. Кузнецов инженерсем. Пĕтĕмпе 1500 мотосехет ĕçлемелле, 340 лаша вăйлă трактор-трубоукладчикăн сăнав ĕçĕсен результачĕсемпе тĕп конструктор В. Шмидт кашни кунах тĕплĕн паллашать, кирлĕ чухне сăнавсене хăвăртрах, тĕплĕнрех иртерме сĕнет.

Пĕрремĕш номерлĕ ТГ-321 трактор-трубоукладчик ĕçĕпе кăмăллă вăл. Сăнав программипе палăртнă тăрăх, иккĕмĕш номерлĕ ТГ-321 трактор-трубоукладчик халĕ эксплуатаци сăнавĕнче. Пăрăхсене сваркăпа çыпăçтаракан базăра, 1020 — 1220 миллиметр диаметрлă хурçă пăрăхсене пĕр ярăма çыпăçтаракан монтаж бригадинче, траншейăна хуракан колонна составĕнче, пăрăхсене вагонсенчен пушатнă, автотрубовозсем çине тиенĕ çĕрте ĕçлемелле трубоукладчикăн.

Строительство управленийĕн начальникĕ, Социализмла Ĕç Геройĕ В. Беляева — газ магистралĕсем çинчи ĕç ветеранĕ, пултаруллă руководитель. Волгоградри нефть техникумĕнчен вĕренсе тухнă хыççăн Валентина Яковлевна Горький облаçĕнчи Кстоври нефтепродуктсен заводне тунă çĕрте монтаж ĕçĕсен мастерĕ пулса ĕçленĕ. Унтан газ магистралĕсем хывнă çĕрте хăйĕн ăсталăхĕпе палăрнă. Ираçри стройкăра та ĕçлесе курнă. Уренгой-Помары-Ужгород газопроводăн Горький облаçĕнчи участокĕнче ĕçлекен поток начальникĕ В. Беляева Социализмла Ĕç Геройĕ ятне илме тивĕç пулнă та. Зеленоград хулинче хăтлă хваттер пур пулин те, Валентина Яковлевна троссовиксен вахта поселокĕнчех пурăнать. Ирхине ирех вăл управлени кантурĕнче, диспетчер пунктĕнче. Сăмах май каласан, трубоукладчик сăнавĕнче те вăл питĕ хăвăрт пулăшрĕ.

Эксплуатаци сăнавĕнчи ТГ-321 трактор-трубоукладчик вара Химки шыв хранилищинчен Зеленоград хулине 1220 миллиметр диаметрлă шыв пăрăхĕ хунă çĕрте ĕçлет.

Çавăн пек, кун хыççăн кун полигонра тата сваркăпа монтаж трестĕнче тăсăлаççĕ программăпа палăртнă сăнав ĕçĕсем. Сăнав службин П. Трепов, Л. Яковлев инженерĕсем ĕçсене пĕлсе йĕркелесе пыраççĕ, кирлĕ чухне вĕсене сăнав цехĕнчи И. Егоров, С. Петров водитель-сăнавçăсем пулăшаççĕ. Хĕл кăçиччен программăпа палăртнă ĕçсене вурне те вĕçлемелле.

**А. МАКСИМОВ,**
**инженер-сăнавçă.**

*Выставка залĕсенче*

# Ăшă туйăмлă, уçăмлă

Январьте Мускавра, СССР Художниксен союзĕн выставка залĕнче (Горький урамĕ, 25-мĕш çурт), Мускавра пурăнакан чăваш çынни Иван Васильевич Дмитриев художникăн выставки уçăлчĕ. Ăна СССР Художниксен союзĕ тата РСФСР Художниксен союзĕн Мускаври организацийĕ йĕркеленĕ.

Выставка уçма пынă СССР Художниксен союзĕн правленийĕн членĕсем, тухса калакансем И. В. Дмитриев çинчен лайăххине нумай каларĕç, унăн тĕрлĕ енлĕ пултарулăхне, пурнăçри позицийĕ çирĕп пулнине, сăпайлăхне уйрăммăн палăртрĕç. Художник творчествинче пурнăçшăн савăнни, тавралăхри илеме яланах курса-туйса тăни уççăн палăрать. Выставка та хавхалануллă, уяв туйăмлă.

Художник кăçалхи ака уйăхĕнче 88 çул тултарать. Вăрăм ĕмĕрлĕ пурнăçне вăл пĕтĕмпех сăнарлă искусствăра ĕçлесе ирттернĕ. Пĕр тикĕс, çăмăл пулман унăн пултарулăх çулĕ. Анчах та алла усман вăл йывăрлăхсем умĕнче. Мĕн çамрăкран пуçласа çак таранччен çитсе çăрăпа пурнăç илемне ӳкернĕ, хитре тĕрĕсем тĕрленĕ, кӳлепесем те ăсталанă.

Пăтăрмахлă вăхăтра пурăнса, укçашăн, чапшăн вăл хăйне хăй нихăçан та улталаман, яланах тӳрĕ чунлă пулнă. Ку вара, хальхи вăхăт шайĕпе виçсен, чăн-чăн паттăрлăх. И. В. Дмитриев ĕçĕсем хăйсен пахалăхне çухатмаççĕ, вĕсем яланах ырă, таса чунлă, куракан ăшă туйăмсем, хавхалану туйăмĕсем çуратаççĕ.

Выставкăра чăвашсен пурнăçне сăнланă произведенисем чылай. Сăмахран, «Атте килкартийĕ», «Анне портречĕ», «Чăвашра», «Тимĕрçĕ лаççинче», «Утарçă», «Чăваш АССР тава тивĕçлĕ учителĕ О. Ятманов».

Г. ИСАЕВ.

Ӳкерчĕксем çинче: И. В. Дмитриев художник; унăн ĕçĕсем — «Атте килкартийĕ», «Чăваш АССР тава тивĕçлĕ учителĕ О. М. Ятманов».

С. Игнатьев фоторепродукцийĕсем.

# АСĂРХАНĂР: ГРИПП!

**ЧĂВАШ АССР МИНИСТРСЕН СОВЕЧĔН ЭПИДЕМИЕ ХИРĔÇ КĔРЕШЕКЕН ЧРЕЗВЫЧАЙЛĂ КОМИССИЙĔН ЛАРĂВĔ ПУЛСА ИРТНĔ. ВĂЛ РЕСПУБЛИКĂРИ ХАЛĂХ ГРИПП ЧИРĔПЕ ЧИРЛЕНИ ТАТА ЕРЕКЕН ÇАК ЧИР САРАЛАСРАН СЫХЛАНАС ТĔЛЕШПЕ ПĔР ТАХТАСА ТАМАСĂР ПУРНĂÇА КĔРТМЕЛЛИ МЕРĂСЕМ ÇИНЧЕН ЫЙТУ СӲТСЕ ЯВНĂ.**

Каллех аса илтерчĕ хăйне çак хаяр инфекци. Ноябрь вĕçĕнче Англире пуçланнăскер, грипп Хĕвеланăç Европăри çĕршывсене саралчĕ, декабрьте Мускава тата Союзри ытти хăшпĕр хуласене ярса илчĕ. Кăçалхи январьте вара пирĕн республикăра та грипп чирĕ ернĕ çынсен шучĕ ӳссе кайрĕ. Шупашкарпа Çĕнĕ Шупашкарта, ака, ерекен çак чир халăх хушшинче анлăн саралнă. Хальхи вăхăтра çак икĕ хулара куллен икĕ пин çын ытла гриппа чирлесе ӳкет. Чирлекенсен шучĕ çавăн пекех яллă районсенче те ӳсме пуçларĕ.

Кăçалхи грипп чирĕ уйрăмах ачасен, çавăн пекех сывлав çулĕсен, пĕвер, пӳре тата ытти органсен чирĕпе асапланакан çынсен ытти чухнехинчен йывăртарах иртнипе паларса тăрать. Гриппа чирленисенчен çурри ытла — ачасем. Уйрăмах хĕллехи каникул вĕçленнĕ хыççăн вĕренекенсем хушшинче чирлекенсен йышĕ пысăкланса пыма пуçлани палăрчĕ. Январь вĕçĕнче — февраль пуçламăшĕнче чирлекенсен шучĕ чи нумай пулма пултарать, чир пĕтĕмпе уйăх çурă — икĕ уйăха тăсăлать.

Комисси çак саltавсене тимлĕрех шута илме сĕнет:

Грипп республика халăх хуçалăхне экономика тĕлĕшĕнчен пысăк сиен кӳрет. Сăмахран, республикăра анлăрах саралнă тăхăр чирпе ĕçе тухманнипе пула 1989 çулта 31 миллион тенкĕ яхăн çухатнă пулсан, çав шутра 25 миллион ытла тенки гриппа чирленисемпе шăнса пăсăлнисене сыватма тата бюллетеньсемшĕн тӳлеме кайнă.

Ытларах чухне гриппа шăнса пăсăлнă хыççăн чирлеççĕ, анчах халăх хуçалăх объекчĕсем халăха грипп чирĕнчен кирлĕ пек сыхлама пултараймаççĕ. ТЭЦсем, котельнăйсем йĕркеллĕ ĕçлейменнипе пула пурăнмалли çуртсенче, ĕç вырăнĕнче, шкулсенче, больницăсенче тата ытти коллективсенче сывлăш температури сивĕ тăрать, çавна май шăнса пăсăласси те часах. Промышленноçăн, строительствăн нумай предприятийĕнче, транспорт çинче чӳречесене лайăх питĕрмен, вентиляципе ăшă паракан система юсавсăр, ĕçлекенсене кĕрсе ăшăнмалли, кĕпе-тумтире, атă-пушмака типĕтмелли пӳлĕмсем çитмеççĕ.

Ытти çулхисемпе танлаштарсан, халăха грипп чирĕнчен сыхласси кăçал уйрăмах пĕчĕк шайра. Чи малтанах çакă ака мĕнпе çыхăннă: 1989 çулхи грипп сараличченхи тапхарпа, СПИДран сыхланас тĕллевпе йĕпсĕр инъекторсемпе — 1987—1988 çулсенче халăха гриппа чирлесрен прививка тунă инъекторсемпе — уса курма чарнă, сăмсаран прививка тумалли меслетпе çеç уса курнă. Çавна май вакцина пилĕк хут ытла такакланать. Çавăнпа та планпа пăхнă тăрах 240 пин çын вырăнне пурĕ те 40 пин çынна çеç прививка тунă. Çавăнпа та хулара пурăнакан çынсен организмĕнчи грипп инфекцине хирĕç кĕрешекен клеткăсем вăйсăр пулнă.

Пĕлтĕрхи грипп ертекен В йышши вируспа, пĕр пайĕ А йышшипе çыхăннă пулсан, кăçалхи чир йăлтах А йышши вируспа саралнă. Çынсенче вара А вируса хирĕç кĕрешекен иммунитет уйрăмах вăйсăр.

Грипп сараличчен медицина промышленноçĕ те халăха çак ерекен чиртен сыхланма тата сипленме пулăшакан медикаментсемпе — интерферонпа, оксолин маçĕпе, ремантадинпа, грипп вирусне пĕтерекен гамма-глобулинпа тата ытти эмелсемпе тивĕçтерме пултараймарĕ.

Çак условисенче халăх хуçалăхĕн объекчĕсенче тата çынсем пурăнакан çуртсенче пĕтĕмĕшле санитари мероприятийĕсем пурнăçлани уйрăмах кирлĕ пулнă. Çакă вăл ерекен грипп чирĕнчен сыхланма пулăшнă.

Комисси çакна шута илнĕ: грипп чирĕ тата анларах сарăлас хăрушлăх пуррине кура Чăваш АССР Сывлăха сыхлас ĕç министерстви пĕлтĕрхи декабрĕн 27-мĕшĕнче грипп ересрен сыхланмалли мероприятисен комплекслă планĕпе усă курасси çинчен приказ кăларнă. Унпа килĕшӳллĕн медицина учрежденийĕсем кăçхине те, канмалли кунсенче те ĕçлеме тивĕçлĕ, температурăпа пыракан чирлĕ çынсене уйрăм йышăнмалла, бюллетеньсене 5 кунлăха памалла, чирлисем патне киле пырса пулăшу памалла, çавна май вĕсене кирлĕ эмелсене киленчех сутса хăвармалла, больницăсенче çĕнĕ койка-вырăнсем хатĕрлемелле тата ытти те.

Ерекен чирсене хирĕç кĕрешекен чрезвычайлă комисси халăх депутачĕсен ĕçтăвкомĕсене, министерствăсемпе ведомствăсене, халăх хуçалăхĕн объекчĕсен руководителĕсене грипп чирĕнчен сыхланас тĕллевпе çакнашкал санитарипе гигиена мероприятийĕсем пурнăçа кĕртме хушнă:

— пурăнмалли çуртсенче, шкул çулне çитмен ачасен учрежденийĕсенче, шкулсенче, промышленность предприятийĕсенче пĕр пек температура тытса тăмалла. Вентиляци системисене пĕр тикĕс ĕçлеттермелле, сивĕ яракан шăтăк-çурăксене питĕрмелле, усă вырăнта ĕçлекенсене, уйрăмах строительсене кĕрсе ăшăнмалли пӳлĕмсем туса памалла;

— медицина, суту-илӳ работникĕсем, гостиницăсенче, ача садĕсенче ĕçлекенсен, кондукторсен марля сыхăсемпе усă курмалла;

— обществăлла апатлану предприятийĕсенче савăт-сапана мĕнле тасатнине çирĕп тĕрĕслесе тăмалла;

— классене, производство пӳлĕмĕсене уçăлтармалла;

— массăллă мероприятисем сахалтарах ирттерме тăрăшмалла. Гриппа чирленĕ çынсене ĕçе тухма, вĕренме каймa чармалла.

Çӳлерех асăннă мероприятисемсĕр пуçне халăха тата ытти хăшпĕр ансат мерăсемпе усă курма сĕнес килет. Ку вăл — организма пиçĕхтерни, куллен сивĕ шывпа çеç мар, вĕри шывпа та çăвăнни, сăмса шăтăкĕсене супăньпе çуса тасатни. Май килнĕ таран çуран çӳреме тăрăшмалла. 2—3 сехетрен кал мар усă сывлăшра пулмалла. Уйрăмах — ачасен.

Еçе е вĕренме каяс умĕн ыхра е сухан çини питех те усăллă, мĕншĕн тесен вĕсем микробсене вĕлерекен фитонцидсем кăлараççĕ. Ирсерен чей кашăкĕпе пĕр хутчен пыл сыпса ямалла, пылра та организма çирĕплетме пулăшакан япаласем нумай. Шăлан çырлипе вĕретнĕ чей, аптекăсенче сутакан декамевит, ундевит пек хатĕр витаминсем ĕçмелле. Тата, паллах, гриппа чирленĕ пулсан та ĕçе е вĕренме çӳресе «паттăрланма» кирлĕ мар. Çакă вăл сыввисене чир ертме çеç пулăшать, мĕншĕн тесен пĕр чирлĕ çын вуншар çынна чирлеттерме пултарать. Врача тӳрех киле чĕнсе илсе сипленме тытăнмалла.

В. АНДРОННИКОВ,
республикăри санитарипе эпидемиологи станцийĕн пай заведующийĕ.

# ХУÇАЛĂХ РАСЧЕЧĔ

*Калав*

ТЕПĔР чух шутсăр тĕлĕнетĕп: ун пек çын Шупашкарта пĕрре çеç-ши е сахалтан та çирĕм-вăтăр-ши, тетĕп. Ытла йăрă. Çийĕнче — яланах кĕске пиншак. Ăна, Керенский саманинчех тăкам çемçе те пиçĕ сарантан çĕлеттернĕскерне, хуçи темпе çутатсах тăрать пулас: ялан атă-пушмак кремĕн шăрши кĕрет. Пиншакĕ кĕске, таçта кăвапа тĕлнерех кăна çитет. Çак çынна, пĕлĕшсем Ваçлей Иванчă тесе чĕнекенскерне, иртнĕ эрнере пĕр кун хушшинче кăна çичĕ сакăр тĕлте, хăм пач кĕтмен вырăнсенче асăрхарăм.

Хулари «Суту-илӳ çурчĕ». Эпĕ — пушмак илес ĕмĕтпе тапăртатса тăракан черетре. Ман умрах — Ваçлей Иванча. Çакăскер, сап-сарă çӳçне шăлкаласа, пиншак аркинчен кураймаллах мăкăрăлса тăракан пăнта-пăнта хырăмне хыçкалать, пĕлĕшне темле Копчалбазаров пирки каласа парать.

— Пĕлетне, тăвансăм, çав Копчалбазаровпа эпĕ пĕрле вĕрентĕм. Пирĕн пекрех вĕренетчĕ, хушăран «иккĕ» палла та илкелетчĕ, — тем сăлтавпа ассăн сывла-сывла илет Ваçлей Иванчă. — Вăт тахăш вăхăтра çын пулма, управлени начальникне çитме ĕлкĕрчĕ. Пĕлетне — халь çывăха ан вăр — çăмăл машинăпа кăна çӳрет. Укçана вара монет çур...

...са панă, тет. Пĕлмес, кам шутласа кăларнă-ши писательсем валли уншкал система? Пĕр поэмăшăнах, шутла-ха эс, шутла, çирĕм пĕр пин илет вĕт-ха этем! Ку кăна çитмен тата: Сехмет Мирунĕ хăй мана личнo каласа панă тăрăх, çав поэмăнах унне тутарла, пушкăртла, çармăсла куçарса кăларнă иккен. Çитес çулта Мускавра уйрăм кĕнекен тухмалла. Эпир, рабочи класс, хамăр ĕçшĕн укçа йĕркеллĕ илейместпĕр, вĕсем — пĕр ĕçшĕнех çирĕм тĕрлĕ сӳмелли мел тупнă. Пĕлмес, ма никам та чармасть вĕсене? Ытлашши аташ...

...са кайрĕç вĕт! Сехмет Мирунне курасчĕ сирĕн: хĕлле çемçе те яп-яка тăлăппа, темле йăлтăр-ялтăр тирлĕ çĕлĕкпе капăрланса çӳрет. Пĕррехинче юри мăтрăм: «Сăйăк...

...ки сăмах тапрататăн. Кирлĕ çынну санпа тĕл пулас тенĕ кун сан вăхăт тупăнмасть, сан вăхăт пур чух — унăн. Ак çакă Ваçлей Иванча вара... Мĕнле те пулин ĕçпе урама тухатăп çеç — тӳрех çавăн çумне пырса çапăнатăп. Ăнланмастăп, мĕн амакĕ ку?

Хула пасарĕнчен патша çуран çӳрекен çурта кĕрсе кайрăм. Ваçлей Иванчă хĕвелçаврăнăш сутакан майрапа чиперлесех сăмах хывăхĕ сăвăрса тăрса юлчĕ пек. Ак, тамаша, çав шăршлă çуртра такамсемпе тăра парать. Эх, çапать сăмах чăптине.

— Юлташсем, — тет Михаил Юрьевич вăл, атьсем..., пулса кайрĕ... Ялта вăл...

...та пĕр пус памасть. Вăт! Пĕлетне, укçине хĕрхенсех, шеремет, ялĕнчи ăшшĕ-амăшне кайса курмасть. Ара, хуçалăх расчечĕ çине куçнă ĕнтĕ. Юлашки уйăхра вара, ăв, ултçĕр пĕр тенкĕ те çирĕм виçĕ пус таранах илме пултарнă. Плана ирттерсе тултарнă тет.

ЧАРАНУСЕНЧЕН пĕринче автобуса хыткан та шĕвĕр хĕрарăм кĕчĕ. Ваçлей Иванчă мĕн-мĕн пуплениге ун çурăмĕ хыçĕнче итлесе тăркаласан, автобуса ян янăратса:

— Эсĕ, панкрут, хăçан шутлама пăрахатăн çынсен укçине? — терĕ хыттăн. — Эсĕ кунта каллех такам укçине шутласа тăрататăн пулас-ха! Килте вара ачусен виççĕшĕн те пушмакĕсем çĕтĕлсе тухрĕç. Мĕнле усрамалла ман малашне вĕсене эсĕ çынсен укçине шутласа, пер еçрен тепĕр еçе шăрчăк евĕр сиккелесе çӳренипе, э?

Пак пулчĕ Ваçлей Иванчă, ун-кун пăхкаларĕ те, аванмарланса, арăмне хăлхаран тем пăшăлтатрĕ.

— Ха! — кăн пăхрĕ арăмĕ, Ваçлей Иванча мĕн калăнине итлесе пĕтерне-петермен. — Тем тума кирлĕ пуль мана санăн вуникĕ тенкĕ те çирĕм пусу. Ăна сайран илсе намăс курнччен паянах тепĕр сменă кайса ĕçлетĕп лучча! Çӳре суллансa! Халичченсансарах тытса...

Виталий ЕНĔШ

## Пултаруллă бригадир

Николай Егорович Егоров Канаш районĕнчи «Знамя» колхозăн Имелти бригадине чĕрĕк ĕмĕр ăнăçлă ертсе пырать.

Н. Егоров чылай çул хушши колхоз правленийĕн тата хуçалăхри парти комитечĕн членĕ.

Х. ГОРДЕЕВ.

# «АННЕ», — ТЕÇÇĔ АЧАСЕМ

**Иртнĕ çул вĕçĕ Шупашкарта пурăнакан Логуновсемшĕн чăннипех телейлĕ пулчĕ. В. И. Ленин ячĕпе хисепленекен ача-пăча фончĕн Чăваш уйрăмĕ вĕсен туслă та нышлă çемйине «Рафик» автомашина парнеларĕ.**

— Хамăр савăнăçа палăртса, пысăк парнешĕн тав туса, Ача-пăча фончĕн эрнере пĕрре тухса таракан «Семья» хаçатне çыру çыртăм, — каласа парать кил хуçи — Виктор Иванович Логунов.

Эпир вĕсен тăвата пӳлĕмлĕ хваттерĕнче. Килте Виктор Иванович, Ваня ывăлĕ тата Фаина Георгиевнăн амăшĕ ...

...паллаштарса пăхрĕç. Çук, пĕр чĕлхе тупаймарăм пихăшĕнпе те: ачасем ытлашши иккен, интерната ăсатма сĕнеççĕ ывăлăмсене. Паллах, эпĕ кун пирки шутлама та пултараймăн. Фаина Георгиевнăна ĕмĕрепех тав тă...

...рăм. Çиелтен лакпа витрĕм. Халĕ хăйнеевĕр сĕтел-пукан килĕн-калнă интересленте-рет, пурте ăсархаççĕ ăна. Çаксем вара — Димăн ĕçĕсем.

Алăк кукринчех асăрхарăм вĕсене. Хулари 5-мĕш пăтăм шкулти VI класа çӳрекен Дима Логунов çемçе теттесем ăсталама юратать иккен. Мускав районĕнчи Пионерсен çуртĕнчи кружо...

## ÇЕМЬЕРЕ ВУЛАМА

...нова — хулари 21-мĕш «Сапфир» магазин товаровечĕ.

Виктор Иванович мăшăрĕ пирки нумай ăшă сăмах каларĕ. Ăна ĕçри çитĕнӳсемшĕн пала Хисеп грамотисемпе, çемье фотоальбомĕсемпе паллаштарчĕ. Фаина Георгиевнăна наградăланă «Ача амăшĕн медалĕ» тата «СССР донорĕ» значĕсем вара кил хуçишĕн уйрăмах хаклă пулмалла, ытла та асăрханулла, тирпейлĕ çĕклесе пычĕ вĕсене пирĕн пата. Фаина Георгиевна обществăлла ĕçсене хутшăнма та вăхăт тупать-çке; вăл — Ленин районĕнчи халăх сучĕн заседателĕ.

— Манăнни пек ĕçчен, ырă упăшкапа пурăнма пулать, — терĕ пăл кулăрах Фаина Георгиевна (унпа хăй ...

...чĕрĕк ĕмĕр ĕнеçлĕ ертсе пырать.

Н. Егоров чылай çул хушши колхоз правленийĕн тата хуçалăхри парти комитечĕн членĕ.

Х. ГОРДЕЕВ.

...ноçан, строительствăн нумай предприятийĕнче, транспорт çинче чÿречесене лайăх питĕрмен, вентиляципе ăшă паракан система юсавсăр, ĕçлекенсене йĕрсе ăшăнмалли, кĕпе-тумтире, ăта-пушмака типĕтмелли пÿлĕмсем çитмĕççĕ.

...шăмалла, бюллетеньсене 5 кунлăха памалла, чирлисем патне киле пырса пулăшу памалла, çавна май вĕсене кирлĕ эмелсене килĕнчех сутса хăвармалла, больницăсене çĕнĕ койка-вырăнсем хатĕрлемелле тата ытти те.

Ерекен чирсене хирĕç кĕре-

...тесен пĕр чирлĕ çын нумай çынна чирлеттерме пултарать. Врача тÿрех киле чĕнсе илсе сиплеме тытăнмалла.

В. АНДРОННИКОВ,
республикăри санитарипе эпидемиологи станцийĕн пай заведующийĕ.

# ХУÇАЛĂХ РАСЧЕЧĔ

*Калав*

самăнинчех такам çемçе те пиçĕ сăрантан çĕлеттерĕнскерке, хуçи тӗмпе çутатсах тăрать пулас: ялан ата-пушмак кремĕн шăрши кĕрет. Пиншакĕ кĕске, таçта кăвапа тĕлнерех кăна çитет. Çак çынна, пĕлĕшсем Васлей Иванчă тесе чĕвекейскерне, иртнĕ эрнере пĕр кун хушшинче кăна çичĕ сăкăр тĕлте, хам пăч кĕтмен вырăнсенче асăрхарăм.

Хулари «Суту-илÿ çуртĕ». Эпĕ — пушмак илес ĕмĕтпе тапăртатса тăракан черетре. Ман умрах — Васлей Иванчă. Çакăскер, сап-сарă çÿçне шăлкаласа, пиншак аркинчен курăнмаллах макăрăлса тăракан пăнтă-пăнтă хырăмне хыçкалать, пĕлĕшне темле Кончалбазаров пирки каласа парать.

— Пĕлетне, тăванăм, çав Кончалбазаровпа эпĕ пĕрле вĕренне. Пирĕн пекрехех вĕренетчĕ, хушăран «иккĕ» паллă та илкелетчĕ, — тем сăлтавпа ассăн сывла-сывла илет Васлей Иванчă. — Вăт тăхăш вăхăтра çын пулма, управленин начальникне çитме ĕлкĕрчĕ. Пелетне — халь çывăха ан пыр — çăмăл машинăпа кăна çÿрет. Укçана вара монет çуртĕнчи пекех çапать. Иртнĕ эрнере юри вĕсен кантурне кĕрсе тĕрĕслесе тухрăм. Пелтĕр çав Кончалбазаров уйăхсеренех виççĕр çитмĕл тенкĕ шалу илнĕ, кварталсеренех виççĕршер тенкĕ — преми. Плансене ăнаçлă тултарнăшăн имĕш. Телейнмелли ку çеç те мар: çулталăк вĕçĕнче ăна вунвиççĕмĕш ĕç укçи панă, тепĕр кăрман — преми. Çапла, çулталăкри плана тултарнă тесе, кĕçйине çичçĕр тенкĕ ытла пĕтерсе чикнĕ. Еçлеме вара эпир те ĕçлетпĕр вĕт-ха, тăванăм, илме вара еплерех, э?..

ПУШМАК туянна-туянман эпĕ, урама тухса, таксине ларса, «Трансагенство» кассинелле вĕçтертĕм, унта «Суту-илÿ» çуртĕнче «тăванĕпе» чиперпипер пуплесе тăрса юлнă... Васлей Иванча асăрхарăм. Эпĕ, шутсăр тĕлĕнсе, куçа-пуçа чарса пăрахрăм. Мĕнле çав териех хăвăрт çÿрет ку? Çав Васлей Иванчах-ши е тепри?.. Пиншакĕ çавах, сасси те шăп та лăп унăнни пекех, çитменнине тата мĕн-мĕн çинчен пупленине кăшт тăнланипех сиссетĕн — ку никам та мар, Васлей Иванчах.

— Вăл Сехмет Мирунне эпĕ пит аван пĕлетĕп, — такам пирки екки кайсах каласа парать вăл пĕлĕшне. — Мирун — пирĕн кÿршĕ çынни. Ача чухнех стена хаçачĕ кăларма, сăвă çырма хапăл тăватчĕ. Сăввисене ăна эпир те çыркаланăха, эпир те стена хаçачĕ кăларма хутшăнман мар. Анчах та эпир — кочегар, Сехмет Мирунĕ — писатель! Вĕреннĕ чух вăл та, пирнешкелех, «виççĕ» палларан пысăкраххине илсе курман темелле. Халь — СССР Писателĕсен союзĕн членĕ, вунултă кĕнеке авторĕ. Патшалăх премине те илнĕ иккен-ха. Унăн произведенийĕсене çĕршыври хĕрĕх ытла халăх чĕлхипе пичетлесе кăларнă. Енер «Тăван Атăл» журнал редакцине юри кĕрсе тухрăм. Сехмет Мирунĕн унта ултă пин йĕркерен тăракан поэма тухнă иртнĕ çул. Кашни йĕрке пуçне ăна, шутла-ха эс, шутла, тенкĕ те аллăшар пус гонорар тÿленĕ. Çав поэмăнах вăл тата уйрăм кĕнеке тунă. Кĕнеке издательстви вара пĕр йĕрке сăвăшăн икĕ тенкĕ ларт-

са кайрĕç вĕт! Сехмет Мирунне курасчĕ сирĕн: хĕлле çеппçемçе те яп-яка тăлăппа, темле йăлтăр-ялтăр тирлĕ çĕлĕкпе капăрланса çÿрет. Пĕррехинче юри ыйтрăм: «Çĕлĕкÿ мĕн хак тăрать сан?» — терĕм. — «Ытла хаклах мар, çичçĕр тенкĕ яхăн çеç», — терĕ ытахальтен, çичçĕр тенкĕ пулă хуппи кăна пулнă пек анасласа. Ман шутпа, халех арестлемелле унашкал писательсене, раскулачить тумалла та Çĕпĕрелле ăсатмалла. Укçи-тенкине йышлă ачаллă çемьесене валеçсе памалла. Вăт, пелчĕр вĕсем пурнăç мĕнне!

«ТРАНСАГЕНСТВО» машинипе яла вата аннеме брикет кайса пама шутланăран, машинине çитес эрне валли çыртарса илсенех эп кунта вăрăх тытăнса тăмарăм, кучченеççĕр яла пырса кĕме аван мар тесе, хулан тĕп пасарне персе çитрĕм. Ак тамаша! Хĕвелçаврăнăш сутакан темле майра умĕнче тăра парать хайхи-майхи Васлей Иванчă.

— О, — тет хăй, шĕвĕр пÿрнине сенкер тÿпенелле кăнтарса, — эсĕ Анна Ивановнăна пĕлместĕн-ха!

— Эсĕ хăв ăçтан пĕлетĕн? — тĕпчет хĕвелçаврăнăш сутаканни. Васлей Иванч кĕçйинелле печĕкçеç стаканне ÿпĕнтернĕ май.

— Хэй, пĕлмесĕр! Эпĕ унпа пĕрле ÿснĕ-иç! — Васлей Иванчă, пиншак айĕнчен кавăн евĕр мăкăрăлса тухса тăракан хырăмне шĕвĕр пÿрне вĕçĕпе кăтăрт-кăтăрт хыçкаласа, малаллала каласа парать. — Темле якăлтирех хĕрача кăначчĕ вăл. Пăх та кур, — министр арăмĕ! Министрсем пулăшнипех аслă шкул ним мар пĕтерчĕ Анна. Эпир иртен пуçласа каçчен тар юхтаратпăр та илнĕ чух çĕр тенкĕ илетпĕр, илеймесен — утмăл-çитмĕлĕшпе те çырлахатпăр. Пĕлетне, сăмсине йĕркеллĕн типĕтме вĕренеймен çав Анна Ивановна халь икçĕр утмăл тенкĕ илет. Ку вăл — премисĕр-мĕнсĕр. Мĕнле мухтава тивĕçлĕ ĕçсем тунă вăл çавăн чухлĕ укçа сăптăрма — паллă мар? Эй, тĕнче-е, эй, тĕнче-е! Аçта кайса кĕмелле пулать-ши капла?

Хулара, хăвăрах пĕлетĕр, кирлĕ çынна ним туса та йăпăр-япăрах шыраса тупма çук. Пуçлатăн вара ăна телефонпа шырама-а! Унта шăнкăравлатăн, кунта, — аран-аран çыхăнатăн хайхипе, хăçан тĕл пулма май пурри́пе çукки пир-

— Юлташсем, — тет — Михаил Юрьевич вăл, атьсемри, хулана килсех çын пулса кайрĕ. Камччĕ-ха вăл ялта? Ялта вăл Чуста Михали кăначчĕ, халь — пысăккисемшĕн те, пĕчĕккисемшĕн те — Михал Юрьевич. Тепĕр кайттă-кайттă сывлăхлă кочегар та, юлташсем, çав Михал Юрьевич патшалăх кассине пăтратнă пек, турчăкапа кăмакара кăвар пăтратаймасть пулас. Вăл, пелетре, икĕ çул укçипех çăмăл машина туянса янă. Ну, сирĕнтен хăшĕ илме пултарать-ха икĕ çултах çăмăл машина туянмалăх укçа? Тот-та!, Михал Юрьевич вăл иртен пуçласа каçчен кантурта мĕн тăвать те, ĕç кунĕ вĕçленсен — таксипе. Таксистсен кооперацийĕнче тарать тет-и... Пĕлмес, аслă пĕлÿ илнĕ этемĕн епле майпа çÿрес килет пуль таксипе? Укçа, укçа ăсран кăларать чипер çыннах!.. Пĕлекенсем каланă тăрăх, таксипе те ĕçленине шута илсен, унăн уйăхри ĕç укçи çичçĕр çирĕм тенке çитет иккен. Юри хам кĕрсе шутласа тухрăм вĕсен кантурне. Куçĕрет нэпмансем ĕрчетме пуçларăмăр вĕт, атьсемри. Мĕн-ха вăл кооперации? Кооперации вăл — нэп чĕпписем çитĕнтерсе кăлармалли комплекс-инкубатор. Пĕтермелле вĕсене, аркатмалла, таптамалла!

КИЛЕ çитес шутпа, шăршлă çуртран васкавар тухса, автобуса лартăм та... Васлей Иванчă касса умĕнче хырăмне каçăртса тăнине куртăм. Чиперлесех лере тăрса юлчĕ вĕт-ха, мур. Тем тесен те, Шупашкарта кунашкал Васлей Иванчă пĕрре-иккĕ кăна мар. Анчах ăçтан шыраса тупнă-ши вĕсем пурте перешкел кĕске сăран куртка? Мĕн-ма тата пурте çын укçи-тенкине кăна шутласа çÿреççĕ-ши?

— Сана, Петр Петрович, хăв пĕлменнине каласа парамха, — пĕлĕшне хулпуççинчен лăпка-лăпках пуплет Васлей Иванчă. — Эс, Петрович, вăл Сидоровпа асăрханарăх мĕн ту. Вăл, укçа тесен лакăртатса вĕрекен сăмала хуранне те сикме хатĕрскер, хăйпе пĕрле ĕçлекенсене ним вырăнне те хумасть. Хăнăхнă вăл стройкăра темтепĕр хăтланса пурăнма. Хам стройтреста юри кайса шутлаттартăм: Сидоров уйăхсерен тăватçĕршер тенке яхăн сăптарать. Вăт! Ыйт эсĕ унтан кивçенле виçĕ тенкĕ — пуçран пуртă тăршшипе çапсан

çĕр пĕр тенкĕ те çирĕм виçĕ пус таранах илме пултарнă. Плана иртсерсе тултарнă тет.

ЧАРĂНУСЕНЧЕН пĕринче автобуса хыткан та шĕвер хĕрарăм кĕчĕ. Васлей Иванчă мĕн-мĕн пуплĕнине ун çурăмĕ хыçĕнче итлесе тăркаласан, автобуса ян янăратса:

— Эсĕ, панкрут, хăçан шутлама парахатăн çынсен укçине? — терĕ хыттăн. — Эсĕ кунта каллех такам укçине шутласа таратăн пулас-ха! Килте вара ачусен виççĕшĕн те пушмаксем çĕтĕлсе тухрĕç. Мĕнле усрамалла ман малашне вĕсене эсĕ çынсен укçине шутласа, пĕр ĕçрен тепĕр ĕçе шăрчăк евĕр сиккелесе çÿренипе, э?

Пăк пулчĕ Васлей Иванчă, ун-кун пăхкаларĕ те, аванмарланса, арăмне хăлхаран тем пăшăлтатрĕ.

— Ха! — кăн пăхрĕ арăмĕ, Васлей Иванча мĕн каланине итлесе пĕтерне-петермен. — Тем тума кирлĕ пуль мана санăн вуникĕ тенкĕ те çирĕм пусу. Ăна санран илсе намас куриччен паянах тепĕр смена кайса ĕçлетĕп луччă! Çÿре суллансa! Халиччен сансăрах тытса усрана эп килйыша, малашне те, тура пулăшсан, аптăрамапха. Тьху, çараçĕрçи скелечĕ!

Васлей Иванчăн шĕверкке арăме тепĕр чарăнура анса юлчĕ.

— Анмарĕ арăмран, — шăлне шатăрр тутарса каларĕ Васлей. — Таçти сунтăхран туртса кăларчĕç вĕсене валли пĕртанлăх? Хай пĕчĕк çеç пулин те, кĕреш юманă шĕкĕ кешĕклĕнĕ пекех мĕн туса пуранать мана, эсремет! Ялан нумай ĕçлесе илнипе тĕртет. «Компьютер» заводра, икшер смена мĕн туса, уйăхсерен тăватçĕршер тенке илет вăл... А пирĕн пата вара — хуçалăх расчечĕ: ытлашши çур пус та памаççĕ. Иртнĕ уйăхра пит мерекке пулса тухрĕ. Иксĕмĕр те пĕр кунтах ĕç укçи илсе килтĕмĕр. Вăл — пилĕкçĕр çирĕм пилĕк тенкĕ, эпĕ — вăтăр пиллĕк. Ман вăтăр пилĕк тенке, пĕлетне, вăрн тутарчĕ коридоралла. Хваттер алăкне уçрĕ те: «Шăрши-марши ан пултăр кунашкал ĕç укçин, ав, тухса пуçтар та хăть кирек ăçта кайса пĕтер», — терĕ. Хэх, — хаш-ш турĕ Васлей Иванчă. — Таçти сунтăхран туртса кăларчĕç ман пуç тĕлне çав хуçалăх расчетне те подрядне?..

ЭПЕ ХАМА кирлĕ çĕрте анса юлтăм. Васлей Иванчă пĕлĕшĕпе малалла кайрĕ. Тÿрра шĕкĕр, паян урăх курмастăп ĕнтĕ ăна. Хваттере кĕретĕп те урăх ниçта та тухмастăп. Сăмахĕ-юмахĕ хăлхана йĕрентерсех çитерчĕ.

Магазинта пултăм, тутлă шыв туянтăм. Çитрĕм киле. Кĕтĕм хваттере. Унта, коридорта, арăм умĕнче... сăран пиншаклă этем тăра парать.

— Акă хăй килчĕ, — терĕ арăм ăна. — Эп пĕлместĕп, хăйĕнчен ыйт.

Васлей Иванчă ман енне çаврăнчĕ те:

— А-а, — терĕ, — эсĕ-и-ха вăл Антисидоров текенни? Аван, аван. Калăр-ха, эсир кăçал уйăхсерен ултçĕршер тенкĕ ĕçлесе илнĕ, тет. Чăнах-и? Калăр-ха, епле майпа ун чухлех илме пултарать слесарь? Мĕн, сирĕн пата хуçалăх расчечĕ çитмен-им? «Компьютерта» пушă вырăн çук пуль унта, а?! Мана валли, э?

— Çук! — терĕм те, тарăхса, хваттертен тухса, кÿршĕсем патне вăшт кĕрсе тартăм.

...Сехмет Мирунĕ хăй мана лично каласа панă тăрăх, çав поэмăнах унне тутарла, пушкăртла, çармăсла куçарса кăларнă иккен. Çитес çулта Мускавра уйрăм кĕнекен тухмалла. Эпир, рабочи класс, хамăр ĕçшĕн укçа йĕркеллĕ илейместпĕр, вĕсем — пĕр ĕçшĕнех çирĕм тĕрлĕ сÿмелли мел тупнă. Пĕлмес, мя никам та чармасть вĕсене? Ытлашши аташ-

тухатăп çеç — тÿрех çавăн çумне пырса çапăнатăп. Анланмастăп, мĕн амакĕ ку?

Хула пасарĕнчен патша çуран çÿрекен çурта кĕрсе кайрăм. Васлей Иванчă хĕвелçаврăнăш сутакан майрапа чиперлесех сăмах хывăхĕ сăвăрса тăрса юлчĕ пек. Ак, тамаша, çав шăршлă çуртра такамсемпе тăра парать. Эх, çапать сăмах чăптине.

Виталий ЕНĔШ

# «АННЕ», — ТЕÇÇĔ АЧАСЕМ

**Иртнĕ çул вĕçĕ Шупашкарта пурăнакан Логуновсемшĕн чăннипех телейлĕ пулчĕ. В. И. Ленин ячĕпе хисепленекен ачапăча фончĕн Чăваш уйрăмĕ вĕсен туслă та йышлă çемйине «Рафик» автомашина парнелерĕ.**

— Хамăр савăнăçа палăртса, пысăк парнешĕн тав туса, Ача-пăча фончĕн эрнере пĕрре тухса таракан «Семья» хаçатне çыру çыртăм, — каласа парать кил хуçи — Виктор Иванович Логунов.

Эпир вĕсен тăвата пÿлĕмлĕ хваттерĕнче. Килте Виктор Иванович, Ваня ывăлĕ тата Фаина Георгиевнан амăшĕ çеçчĕ. Ыттисем — хăшĕсем ĕçре, теприсем — шкулта.

Паллă ĕнтĕ, халиччен пĕлмен-курман çынна хăвăн пурнăçу çинчен каласа кăтартма çăмăл мар. Виктор Ивановичшăн та çаплах пулĕ, мĕншĕн тесен унăн иртнĕ кунçулĕ хавасла кунсенчен ытларах хура, йывăр сехетсемпе «пуян». Çапах та асăилÿ çăмхи 1977 çул тĕлне çити сÿтĕлчĕ. Шăп çав çул Виктор Ивановича (ун чухне вăл 34 çулта пулнă) тата унăн 3 ывăлне (аслин — 10-ра, кĕçĕнни — 2-рĕ) калама çук йывăр хуйхă пырса çапнă — унăн мăшăрĕ, ачасен амăшĕ çут тĕнчерен уйрălнă. Ун чухне вăл автобуспа ĕçленĕ. «Пытармастăп, питĕ йывăрччĕ, — аса илет Виктор Иванович. — Ирирех рейса тухса каймалла, аслă ывăла — Сережăна — шкула, кĕçĕннине садике ăсатмаллаччĕ. Пĕччен çав лава малалла туртаймасса ăнлантăм. Çĕре кĕнĕ мăшăрăма мĕнле хисепленĕ, юратнă пулсан та, ачасене амăшĕ кирлине туйса, тепĕр авланма шутларăм. Пĕлĕшсем хăйсем паллакан хĕрарăмсемпе паллаштарса пăхрĕç. Çук, пĕр чĕлхе тупаймарăм пиха-шĕнпе те: ачасем ытлашши иккен, интерната ăсатма сĕнеççĕ ывăлăмсене. Паллах, эпĕ кун пирки шутлама та пултараймăн. Фаина Георгиевнăна ĕмĕрĕпех тав тăвăтăп, тиркемерĕ вăл манăн ывăлăмсене. Хăйĕн çичĕ çулхи Наташа хĕрĕпе танах йышăнчĕ». Çапла Сережа, Ваня тата Миша Наташăн амăшне «анне» теме пуçланă. Каярахпа Дима, Алеша çуралнă.

Пысăк çемьен çирĕплĕхне мĕнпе тĕрĕслеме пулать-ши? Логуновсен çемйине пурнăç хăйне еверлĕ тĕрĕсленĕ — çĕнĕ çемье чăмăртанса тымар янă вăхăтра кил хуçине, Виктор Ивановича, инфаркт çапса пăрахнă. Темиçе уйăх больницăра сипленнĕ хыççăн II группа инваличĕ пулса тавраннă килне хĕрĕх çула та çитеймен вăйпитти арçын. Çапла пĕр хуйхă çине тепри тупăннă.

— Мăшăрăм ун чухнĕ Шупашкарти тĕп универмагра продавецра ĕçлетчĕ, — аса илет Виктор Иванович. — Фаинăн ăшă сăмахĕсем ура çине тăма пулăшрĕç мана. Производствăра малалла ĕçлеме пултараймасан та, вăхăта пустуй иртмесĕр темерĕм. Килти кухньăра аппаланаттăм: кивĕ сĕтел-пукана тасатрăм, ÿкерчĕксемпе илемлетсе, сăрласа лартрăм. Çиелтен лакпа витрĕм. Халĕ хăйнеевĕр сĕтел-пукан килен-калан интереслентерет, пурте асăрхаççĕ ăна. Çаксем вара — Димăн ĕçĕсем.

Алăк кукринчех асăрхарăм вĕсене. Хулари 5-мĕш вăтам шкулти VI класа çÿрекен Дима Логунов çемçе теттесем ăсталама юратать иккен. Мускав районĕнчи Пионерсен çуртĕнчи кружока çÿрет. Тĕрлĕ юмахсенчи паттăрсене курма пулать кунта. Теттесем валли тумтир те хăех çĕлет иккен. Пиччĕшне курса çемьере чи кĕçĕнни — Алеша та интересленнĕ ку ĕçпе. Те тÿсĕмлĕхĕ çитеймен, те спортпа çывăхрах пулнăран, часах сывпуллашнă унпа, çапах та вăл Димăн асамлă теттисене алла тытса пăхман кун çук та пулĕ.

## ÇЕМЬЕРЕ ВУЛАМА

Аслă ачисем çитĕннĕ ĕнтĕ. Сергей, Совет Çарĕнчен службăран тавранса, ашшĕн юратнă профессине алла илнĕ, вăл — хулари пассажирсене илсе çÿрекен автобус водителĕ. Наташа училище пĕтернĕ хыççăн В. И. Чапаев ячĕпе хисепленекен производство пĕрлешĕвĕнче ачасем валли тетте тăвакан цехра ĕçлет. Ваня Шупашкарти техника профессийĕсен 8-мĕш училищинче станочника вĕренет.

Çакна та палăртма кăмăллă: Фаина Георгиевна — ултă ача амăшĕ, хĕрĕпе, ывăлĕсемпе пĕр вăхăтрах хăй те пĕлĕвне ÿстернĕ. Горькири суту-илÿ техникумне заочно пĕтернĕ. Халĕ Ф. Г. Логунова — хулари 21-мĕш «Сапфир» магазин товаровечĕ.

Виктор Иванович мăшăрĕ пирки нумай ăшă сăмах каларĕ. Ăна ĕçри çитĕнÿсемшĕн Хисеп грамотисемпе, çемье фотоальбомĕсемпе паллаштарчĕ. Фаина Георгиевнăна наградăланă «Ача амăшĕн медалĕ» тата «СССР донорĕ» знаксем вара кил хуçишĕн уйрăмах хаклă пулмалла, ытла та асăрханулла, тирпейлĕ çĕклесе пычĕ вĕсене пирĕн пата. Фаина Георгиевна обществăлла ĕçсене хутшăнма та вăхăт тупать-çке, вăл — Ленин районĕнчи халăх сучĕн заседателĕ.

— Манăнни пек ĕçчен, ырă упăшкапа пурăнма пулать, — терĕ йăл кулярах Фаина Георгиевна (унпа хăй ĕçлекен вырăнта паллашрăм — Н. С.).

Ир тухса кайтăп та, каçхине тин таврăнатăп вĕт. Апатне те хăех хатĕрлет, хваттере те тирпейлет, паллах, ачасем те пулăшаççĕ. Инвалид пулсан та, ĕçлесех терĕ. 6-мĕш çул ĕнтĕ хулари шывпа тата пылчăкпа сиплекен лечебницăра хуралçăра.

Сăмах май çакна та каласа хăвармалла: Логуновсене парнеленĕ автомашина шăпах çÿлерех асăннă учреждени пулнă. Вăхăт çитиччен усă курма юрăхсăра тухнă техникăна тимĕр-тăмăра пама васкаман кунти руководительсем. Парти, профсоюз организацийĕсен, ĕç коллективĕн совечĕн пĕрлехи ларăвĕнче ун пирки те сăмах пынă, автомашинăна Совет ачисен В. И. Ленин ячĕпе хисепленекен фончĕн Чăваш уйрăмĕ урлă нумай ачаллă Логуновсен çемйине парнелеме йышăннă.

Юсаса, сăрласа илемлетнĕ хыççăн, «Рафик» каллех çула тухĕ. Логуновсен туслă çемйине савăнтарĕ вăл.

Н. СМИРНОВА.

● Логуновсен çемйи.

## ● Пĕлме интереслĕ

Пĕтĕмпе сул вĕçекен паллă мар объектсемпе (НЛО) питĕ пуян. Çынсем вĕсене Воронежра, Пермь тата Свердловск облаçĕсен чиккисенче курни çинчен хаçатсенче çырнă, теççĕ. «Коммунизм ялавĕнче» калаçа параймăр-ши НЛО çинчен?

П. ОРЛОВ.

Шăмăршă районĕ.

ТУРЕХ КАЛАМАЛЛА: ВĔÇЕКЕН ПАЛЛА МАР ОБЪЕКТСЕМ, АСПА-ТАНПА АНЛАНТАРСА ПАМА МАЙ ÇУК ТĔЛĔНТЕРМĔШ ПУЛАМСЕМ ÇИНЧЕН КАЛАНИ УНЧЧЕН ТЕ САХАЛ МАР ТĔЛ ПУЛНА. АНЧАХ УН ЧУХНЕ, ПИРĔН УÇÇАНЛАХ ЧИККИ АНСАРТАРАХ ПУЛНА ПИРКИ, НЛОСЕМ ЫТЛАРАХ ЧУХ ЧИКЕ ЛЕШ ЕНЧЕ ВĔÇÇЕ СУРЕМЕ «КĂМĂЛЛАНА». САВ ВĂХĂТРАХ ТĔЛĔНТЕРМĔШ ПУЛАМСЕНЕ, ПАЛЛАХ, ПИРĔН ÇĔРШЫВРА ТА АСĂРХАНĂ.

# НЛО— ПИРĔН ЁМĔР ВĂРТТĂНЛĂХĔ

ЭМИЛЬ БАЧУРИН геолог, Пермьрен. 1983 çулхи октябрьте вăл Пермь тата Свердловск облаçĕсен чиккинчи вăрманта, Сылва юханшыв хĕрринче çавракалатса лаптăкнă вырăн патне пырса тухать. 62 метр сарлакăш. Таптарана йăшăтнă, тейĕн. Паллă мар объект йĕр хăварнă курăнать, тесе шутлать геолог. Çакăн хыççăн НЛОсен ыйтăвне, çĕр тулашĕнчи цивилизацисене тĕпчесси уншăн тĕп ĕçсенчен пĕри пулса тăрать. Ку темăпа вăл диссертаци çырнă. Анчах НЛОсем пирки пысăк наука шарламасть-ха, нимĕн пулман пекех пурăнать.

Мĕн курăççĕ-ха Пермь тата Свердловск облаçĕсен чиккинчи Сылва юханшыв хĕрринчи вăрман лаптăкĕнче? Куçин тĕлĕнтермĕш пулăмсем пирки Э. Бачурин геолог çеç мар, вырăнти халăх та тахçантанпах пĕлет. Пĕр карчăк, сăмахран, тем çуллĕш, сăн-сăпатсăр, пĕве çат тытса тăракан хура тумтир тăхăннă çынсене курнă. «Зонăра» утă çулнă икĕ арçын та çын евĕрлĕ çавнашкал чĕрчунсене асăрханă. Çав чĕрчун утă çулакансем çинелле пынă. Ун «сăн-пичне» курма май килмен: пуç вырăнне витре евĕрлĕ йăланмалла мар япала. Утă çулакансем ура çине сиксе тăнă, лешĕ вара сасартăках çухалнă.

Е тата сакăрвуннăмĕш çулсен пуçламăшĕнче çак тăрăхра вунă калăмçă хуçалăх валли антарсем тума пикенни çинчен калаççĕ. Строительство вĕçленсе пынă ĕнтĕ, темĕншĕн хăраса ÿкнĕ калаçмăсем вара укса илмесĕрех илтан хăвăрт тухса тараççĕ.

«Зонăна» айккинчен килнĕ çынсем çеç мар, опытлă сунарçăсем те куçин пĕр пĕчĕк лаптăк çинче (урлăш-сарлакăш çичĕ километр) эрни-эрнипе аташса çÿренĕ, иккелле те сав лаптăкран каялла тухайман.

«Зонăна» халь экспедицисем килсе тăраççĕ. Вĕсенчен пĕрне Пермьри ученăйсем пуçарнипе ирттернĕ. Сăмах май, пĕтĕм шăв-шав вĕсем тавраннă хыççăн пуçланса кайнă. «Зонăри» чи активлă участоксенчен пĕрне кайса хунă сехетсем ĕçлеми пулаççĕ. Колхоз тракторĕсем ним сăлтавсăрах чарăнса лараççĕ.

«Турилкисем», «банансем», «сантельсем», тĕрлĕ вăçсăлă шарсем курнă Сылва хĕрринче. Объектсем час-часах тĕсне улăштарнă, вăхăт-вăхăтпа сынсем тавра вĕçнĕ. Акă, Пермь облаçĕнчи Оса хулинчи пляжа çавнашкал «турилкке» анса ларнă, ун йĕтĕнчен этем евĕрлĕ чĕрчунсем тухнине темиçе теçетке çын курнă. НЛО вĕçсе кайнă хыççăн çав вырăнта хăватлă аномали пуррине тупнă. Пĕлтĕрхи июль уйăхĕнче НЛО Пермь хулинчен аяли çырмари Кулентан сывăхне вĕçсе килнĕ. Пĕр метртан пуçласа тăватă метр çÿллĕш чĕрчунсем, ...

çул хушшинче тĕрленмесен, пире пĕтереççĕ-мĕн.

Тĕрĕс-и ку хыпар е çук, анчах Пермь облаçĕнчи çак пĕчĕк вырăнта йĕстăпа пăтратакан пулăмсем пурри паллă. Е палата стенкисем çинче кино куратăн, е çутатакан пăнчăхĕлхемсем вĕçсе çÿреççĕ, е ура тупанĕнчен такам çапать те пĕтĕм шăмшак ыратма тытăнать, фотовспышкăпа çутатсан хирĕç çутатаççĕ тата ытти те. Хăшпĕрисем тĕлĕнтермĕшсемпе калаçма та пултарнă, лешсем Тараса çăлтă-рĕсен ушкăнĕнчи Хĕрлĕ çăлтăр çинчен вĕçсе килнине те каланă.

ПЕРИНЧЕН ТЕПРИ тĕлĕнтермĕшрех хыпарсем ахальсын пуçне ниепле те кĕрсе шăнăçаймасçĕ. Пулма пултарать-и? Мĕнле йăлантарса памалла сав хыпарсене? Мĕн шутлаççĕ кун пирки ученăйсем?

Иртнĕ çул пуçламăшĕнче Ленинградра ученăйсем «çавра сĕтел» хушшине пуçтараннă, НЛОпа çыхăннă ыйтусене сÿтсе явнă. Э. И. АНДРИАНКИН, физикăпа математика наукисен докторĕ, СССР Наукăсен академийĕн теори ыйтăвĕсен пайĕн директорĕ (Мускав):

— Аномали-пулăмсем икĕ ушкăна пайланаççĕ. Пĕри — геофизикăпа çыхăннисем, хальхи пĕлÿ шайĕпе виссен, йывăр пулин те, йăлантарма май пуррисем, — шар-сисĕмсем, сăмахран. Тепĕр ушкăнне «асамлă» теме пулать, — кунта наука халĕхе йăлантарса параймаи пулăмсем кĕрессĕ.

Шăпах «асамлисене» шутĕнчен ĕнтĕ НЛОсем. Америка астрофизикĕ Саган шутланă тăрăх, пирĕн Галактикăра миллион цивилизаци пурăнма пултарать. Енчен те тахăш планета çинче цивилизаци 100000 çул маларах пуçланса кайнă пулсан? Хамăр тепĕр çĕр пин çултан еплерех пулассине, наукăпа техника мĕн тери аталанасса калама пултаратпăр-и эпир? Тен, пур-...

КОСМОНАВТСЕМ çапла шутлаççĕ пулин те, интерес çухалмасть, мĕншĕн тесен çĕнĕ тĕслĕхсем тупăнсах пыраççĕ. Акă, Воронеж. Кунта сентябрь — октябрь уйăхĕсенче НЛО анса ларнине «Нью-Йорк таймс» хаçат «ĕмĕр хыпарĕ» тесе ят панă. Воронежра, кашни куракапран уйрăммăн ыйтса тухнă хыççăн, НЛОпа «пилотсен» пĕтĕмĕшле сăнсăпатне тунă. Уйрăм ачасем «хăнасене» çапларах сăнласа панă (ÿкерчĕксене пăхăр). НЛО ларнă вырăнта пусарнă тăпра, «турилкке» перĕнсе тунă ура йĕррисем тупнă. Вĕсен диаметрĕ — 25—30, тарăнăшĕ 20—25 сантиметр. Чи интересли — хăшпĕр шăтăксенче гамма-пайăркасем юнашар 2—3 метр лаптăкринчен нумайрах. Енчен те çав тĕлти яланхи шай сехетре — 10—15 микрорентгенпа танлашнă пулсан, пĕр шăтăкĕнче — 30, тепринче — сехетре 37 микрорентген. «Кун пек япаласем çине сăмăлттайла пăхма юрамасть, — тенĕ КГБăн Воронеж управленийĕн представителĕ «Московские новости» хаçат корреспонденчĕсене. — Аномаллă информацисене пуçтарса пымалла, тĕплĕн тĕпчемелле».

Информаци пуçтарăнать, анчах никам та алăпа тытса курман-ха НЛОсемпе «пилотсене». Çапах та хăшпĕр хыпарсем пур. Америкăран килнĕскерсем. Унта 1952 çултах НЛО çинчен пĕлтермелли система тума хушнă. США...

1966 çулта Аризон штатĕнчи пĕр районта çар вĕренĕвĕнчи подразделени сĕр çине анса ларнă НЛО ăшĕнчен тухнă пилотсен ушкăнне тĕл пулнă. Кĕçĕн тытăçура пилотсенчен пĕрне тыткăна илнĕ, укол тунă хыççăн вăл вилсе кайнă.

Куракансем каланă тăрăх, диск евĕрлĕ НЛОсен пилочĕсем çакăн пек: çÿллĕшĕ — 1,2 метра яхăн; пуçпа кĕлетке шайлашуллă мар; куçсем сарлака та кăшт хĕсĕк, пуçса кĕнĕ; сăмса вырăнне пĕр е икĕ шăтăклă мăкăль; çăвар вырăнне пысăках мар шăтăк, ахăртнех, сас пама е апат çиме кирлĕ мар пулас; шăлсем çинчен нимĕн те каламаççĕ; хăлхасем вырăнне кăшт путса кĕнĕ вырăн; çÿç çук; аллисем вăрăм те сихçе, чĕркуççи таранах, тăватшар пÿрне; арлăх органĕсем çук; юн пур, анчах вăл эпир юн текенни мар: ÿт сăркка, мăй çинçе. Йывăрăш — 18 килограмм яхăн.

Ахăртнех, НЛО пилочĕсен тĕп составĕ лешмен америкапецсен аллине, мĕншĕн тесен 1976 çулта Испанире НЛО курнă, унăн пилочĕсем 2,5—3 метр çÿллĕш.

ÇАКНА КАЛАСА хăвармалла: пирĕн çĕршывра НЛОсене 1966—67 тата 1977—78 çулсенче нумай асăрханă. Панулмирен пуçласа километр çурă таран вĕсем. Ытларах чухне НЛОна касхине 3—4 сехетре, çулла курма пулать. Паллă мар объектсем, физика...

---

*Конкурс*

# ПИРĔН КИЛ—ÇĔР

Çутçанталăка сыхлакан Чăваш АССР государство комитечĕ, республикăри Культура министерстви тата Çутçанталăка сыхлакан обществăн республикăри совечĕ кино ÿкерме юратакансен «Пирĕн кил — Çĕр» конкурсне ирттерме йышăнчĕç.

Конкурс тĕллевĕ — киностудисемпе операторсене, сценаристсене кино тата телевидени журналисчĕсене çĕршывра тата тĕнчере çутçанталăка сыхламалли програмăна пурнăçлас, хамăр тавралăх ресурсĕсемпе мĕнле усă курнине, каяшсăр технологие ĕçе кĕртнине, çĕрпе пĕлсе усă курнине, арозие хирĕç мĕнле кĕрешнине, сывлăша, шыва, ÿсентăрансемпе чĕрчунсене, çутçанталăка сыхлас ĕçе активлă хутшăнтарасси.

Конкурсра çĕнтерисене виçĕ преми — пĕрремĕш преми 350 тенкĕ, иккĕмĕш преми — 300 тенкĕ, виççĕмĕш преми — 250 тенкĕ пама йышăннă. Конкурс итогĕсене республикăри экологи темипе кăçалхи декабрĕн 21—22-мĕшĕсенче ирттерекен кино ÿкерме юратакансен фестивалĕнче пĕтĕмлетессĕ.

Конкурс ирттерме тата унăн итогĕсене пĕтĕмлетме жюри çирĕплетнĕ. Жюри сарлака тата ансăр тĕрлĕ тĕслĕ пленкăсем çине ÿкернĕ фильмсене текчĕсемпе пĕрле йышăнать, хронометражĕ минутран кая мар пулмалла.

## Чи пĕчĕккисем валли

Тин кăна калаçма вĕренекен пĕчĕк ачашăн чи çывăх та ансат сăмахсенчен пĕри — тетте. Пурнăçри нумай йăлава палăртать уншăн çак сăмах. Вылямa пĕр-пĕр шăкăртма е мамăк тиртен çĕленĕ упа, кушак, капăр пукане паратăн-и ачана — пурте уншăн тетте-ха. Пĕр-пĕр илĕртÿллĕ, йăлтăркка япалана курсан та «тетте» тесе савăнать вăл. Çакна та шута илнĕ чи пĕчĕккисем валли кăларма хатĕрленекен журнала «Тетте» ят панă чухне.

Чăваш АССР Писателĕсен союзĕн ача-пăча литературин секцийĕ хăйĕн черетлĕ ларăвĕнче «Тетте» журнала йĕркелесе ярас ыйтусене пăхса тухрĕ. Çĕнĕ кăларăмăн обществăлла редколлегине, журнал редакторĕ пулма В. Г. Енĕш писателе суйланă.

— Кун пек журналсем кÿршĕ республикăсенчен чылайăшĕнче тухса тăраççĕ ĕнтĕ. Пирĕн те тахçанах тытăнмалла пулнă. Пĕчĕккисем валли тăван чĕлхепе тухакан журнал çукки пысăк çитменлĕх, — палăртать Виталий Григорьевич. — «Тетте» журналăн тĕп тĕллевĕ шкул çулне çитмен ачасене чăваш чĕлхин илемне пĕчĕклех туйма вĕрентесси, йăланмалла, ансат сăмахсемпе Тăван çĕршыв, халăх историйĕпе паллаштарасси, унăн мухтавлă ывăл-хĕрĕсем çинчен каласа парасси пулĕ. Çĕнĕ журнал чи пĕчĕккисемпе вĕсен ашшĕ-амăшĕн çывăх тусĕсенчен пĕри пулса тăрасса шанас килет.

А. ЛУКИЯНОВА.

---

*Ыйтăр—ответлетпĕр*

## Эрех-сăра хакĕ ÿсет-и?

Хальхи вăхăтра Шупашкарта унта та кунта эрех-сăра хакĕ ÿсет тенине илтетĕн. Хăшĕ-пĕрисем вара хак мĕнле пулассине те, ăна мĕншĕн ÿстернине те «пĕлеççĕ» иккен. Çав сăмахсем тĕрĕс-и?

К. ИВАНОВ.

Шупашкар хули.

Тĕрĕс мар. Ун пек «хыпарсем» çĕршывра ытти хуласенче те илтĕнеççĕ. Çавна май «Аргументы и факты» хаçат корреспонденчĕ ССР Союзĕн Хаксем енĕпе ĕçлекен государство комитечĕн агропромышленность комплексĕн пай начальникĕн заместительне В. Гончарова ыйту панă. Акă мĕн пĕлтернĕ вăл:

— Ун пек сăмаха нимĕнпе те çирĕплетсе калама май çук. Эпир Хаксем енĕпе ĕçлекен государство комитетĕнче ку ыйтăва пăхса тухман, мĕншĕн тесен эрех-сăран ваккăн сутмалли хакĕсене ÿстерни нихăш енчен те усă кÿмест.

Çавăн пек «хыпар» акă мĕнрен пуçланса кайнă пулĕ. Нумай пулмасть Эстонире тĕрлĕ эрех-сăра тата табак изделийĕсен хакĕсене ÿстернĕ. Эпир хамăр енчен Эстони правительствине ун пек мерăсем йышăнма кирлĕ марри çинчен çине тăрса сĕнÿ патăмăр. Халĕ вара СССР Министрсен Совечĕпе пирĕн комитетăн юрист службисем Эстонире хаксене çавăн пек туса хуни право йĕркипе килĕшсе тăнипе тăманнине пăхса тухма тивет.

## Çамрăксене—

## ХĂНАРА—САТИРИК

**Мускав писателĕ Михаил Баскин ачасем валли сатирăллă произведенисем çырать. Унăн «Не люблю опаздывать» кĕнекинчи калавсене лăпкăн вулаймастăн. Ачасен пурнăçĕнчи, хутшăнăвĕсенчи кулăшла самантсене, тÿнтерле пулăмсене питĕ витĕмлĕ, çивĕч чĕлхепе сăнарлать çамрăк писатель. Чылайăшĕ ăна вара «Ералаш» киножурнал тăрăх ытларах пĕлеççĕ.**

Ачасем валли «Ералаш» ятпа пухса ÿкерекен киносюжетсен сценарийĕсене çырать Михаил Баскин. Вăл ачасен пурнăçне лайăх чухлакан, вĕсен кăмăл-туйăмне йăланакан çын. «Вожатый» журналта корреспондентра ĕçленĕ, çĕршыв тăрăх нумай çÿренĕ. Пионер лагерĕсенче вожатăй, воспитатель, директор пулса ĕçленине те палăртмалла. Çавăнпах пулĕ Çĕнĕ Шупашкарти 11-мĕш вăтам шкулта ирттернĕ тĕлпулура ачасем Михаил Ильич «хăйсен çынни» пулнине тÿрех туйса илчĕç. 1-мĕшпе 15-мĕш шкулсенчи кĕçĕн классенче вĕренекенсем те пулчĕç çак тĕлпулура. Ачасем писателĕн «Привидение» тата «Волшебная палка» çĕнĕ калавĕсене балсемпе хакларĕç, ыйтусем нумай пачĕç. Хăвăрт кăна «Денжурки» ансамбль йĕркеленчĕ. М. Баскин гитара каласа юрласа пынипе ачасем кинофильмсенчи юрăсене юрларĕç.

— Кĕнеке юратакансен Чăваш республикинчи организацийĕ чĕннипе килтĕм, — каласа парать Михаил Ильич. — Пĕчĕк вулакансемпе кăна мар, аслă классенче вĕренекенсемпе, агрегат заводĕн общежитийĕнче çамрăксемпе курса калаçма тÿр килчĕ. Канаша та çитрĕм. Çитĕннисемпе, паллах, тĕп калаçу «Ералаш» киножурнал çинчен мар, паянхи пурнăçра хумхантаракан ыйтусем тавра пычĕ. 1986 çулхи августран пуçласа виçĕ уйăх Припятьре ĕçлеме тÿр килчĕ. Чернобыль АЭСĕнче авари пулнă хыççăн унта çынсем мĕнле ĕçлесе пурăнни çинчен чылай çырнă ĕнтĕ. Хам куçпа курни, тÿссе ирттерни вара ытла та тарăн йĕр хăварать. Чернобыль тата пĕтĕм тĕнчери экологи тематикипе çыхăннă пысăк произведенипе ĕçлетĕп халĕ. Çав хушăрах, Мускаври, Ленинград районĕнчи «афганецсен» клубĕпе çирĕп çыхăну тытнă май, интернационализм темипе çырас кăмăл та пур. Тепрехинче Шупашкара килсен, вулакансене хамăн çĕнĕ произведенисемпе паллаштарма ĕмĕтленетĕп.

А. ХРИСАНФОВА.

## ЧĂВАШЛА ВĔРЕНТЕÇÇĔ

Кемерово облаçĕнче вырнаçнă чăваш ялĕсенчи шкулсенче ачасене чăвашла вĕрентме пăрахнăранпа вăхăт чылай иртнĕ. Анчах юлашки çулсенче, çĕршыври халăхсем хăйсен йăли-йĕркине малалла тытса пырассишĕн, культури-... тăрăхра та ырă улшăнусем пулса иртеççĕ.

Пĕлтĕрхи сентябрьтенпе Прокопьевск, Ижмор, Топки районĕсенчи хăшпĕр чăваш ялĕсенче ачасене пĕрремĕш классенче тăван чĕлхепе вĕрентме пуçларĕç.

---

# ЮЛАШКИ КОЛОНКА

## Çырулăх пуçламăшĕ—Африкăра

Çĕр çинчи халăхсен çырулăхĕ хальхи эрăччен 3—4 пин çул каялла Месопотамире çуралнă тесе çирĕплетнĕ шухăш ку таранах çитиччен те вăйне çухатманччĕ. Малтанхи çырулăхран пилĕк ĕмĕр иртсен авалхи грексен çырулăхĕ, унтан каярах — Китай иероглифĕ пулса кайнă, тенĕ. Кот — д Ивуар республикинчи ученăйсем çирĕплетнĕ тăрăх, çырулăх çичĕ пин çул каялла Африкăра пуçланса кайнă. Африкăри сав вăхăтри йăхсем хальхи Сахара пушхирĕ тăрăхĕнче, çăра та çÿллĕ тропик вăрманлă вырăнта пурăннă. Египет çырулăхĕсене тавлаштарса тĕпчени Египет çырулăхĕ каярах пулнине кăтартса панă.

## Чи пысăк карап

Норвегири карапсем туса кăларакан ăстаçă К. Клостер çĕр çинчи тата тепĕр улăп-карап проектне хатĕрленĕ. Хальхи вăхăтри чи пысăк карап — хăй йывăрăшĕпе 70.000 тонна шыв хĕссе кăлартма пултаракан «Норвегия». Çĕнĕ карап вара 250.000 тонна таять. Унăн тăршшĕ — 380 метр, сарлакăшĕ — 77 метр, шывран çÿлти шайĕ — 64 метр. «Феникс» карап 5.200 пассажир илме пултарать. Экипажĕ 1.850 çынтан тăмалла.

## Электронлă шутлав машинисем

Америкăри электронлă шутлав машинисемпе ытларах шкул ачисем усă курнине Роберт Коминиски тĕпчесе палăртнă. Аслă класссенче вĕренекенсенчен 74, кĕçĕн класрисенчен 28 проценчĕ ЭВМпа кашни урокрах усă курать. Америка çыннисем компьютерсемпе çемье бюджетне мĕнлерех тытса пынине те шута илсе тăраççĕ. Сакна тума та ытларах ачасене шанаççĕ. Чи пĕчĕк электронлă шутлав машинисемпе юлашки вăхăтра тĕрлĕ хут çапакан машинка вырăнне те усă кураççĕ.

## Камăн сехечĕ лайăхрах

Пирĕн çĕршывра чикĕ леш енчен илсе килнĕ сехетсене ăмăртса тупнă вăхăтра Италире Совет Союзĕнче туса кăларнă «Ракета» тата «Восток» сехетсене «Ролекссемпе» «Сэйкоран» пысăна хурса хаклаççĕ. Швейцарире, Японире, ытти çĕршывсенче кăларакан сехетсенче тем тĕрлĕ механизм та пур, анчах «Ракета» ансат пулни илĕртет. Уйрăмах Италире «командир» сехечĕсем пысăк хисепре. Çавăнпа та халĕ Мускава вуншар коммерсант килсе çитнĕ, вĕсем пĕрлехи предприятисем уçасшăн.

## Мотоцикл çинчи акробатсем

Юлашки вăхăтра ГДРта мотоцикл çинчи акробатика питĕ аталаннă. Сакăн пек акробатсем унта 14 ушкăн. Хăшпĕр чухне мотоцикл çинче 10—12 акробат хăйсен пултарулăхне кăтартаç...

...пĕтĕм шăв-шав вĕсем таврăннă хыççăн пуçланса кайнă. «Зонăри» чи активлă участоксенчен пĕрне кайса хунă сехетсем ĕçлемен пулаççĕ. Колхоз тракторĕсем ним сăлтавсăрах чарăнса лараççĕ.

«Турилккесем», «бапансем», «гантельсем», тĕрлĕ виçеллĕ шарсем курнă Сылва хĕррипе. Объектсем час-часах тĕсне улăштарнă, вăхăт-вăхăтпа сывлăмсăр тавра вĕçнĕ. Акă, Пермь облаçĕнчи Оса хулинчи пляжа çавнашкал «турилкке» анса ларнă, ун ăшĕнчен этем евĕрлĕ чĕрчунсем тухнине темиçе теçетке çын курнă. НЛО вĕçсе кайнă хыççăн çав вырăнта хăватлă аномали пуррине тупнă. Пĕлтĕрхи июль çурринче НЛО Пермь хулинчен аллă çухрăмри Кукуштан сывăхне вĕçсе килнĕ. Пĕр метртан пуçласа тăватă метр çӳллĕш чĕрчунсем, çавăн пекех «юр çынни» манерлисем, пионер лагерьне кĕрсе кайнă. Çакна пăхса тăракан арçын ачасенчен пĕри асфальт татăкĕпе персен, чĕнмен хăнасенчен пĕри тура евĕрлĕ япалапа тĕллени, арçын ача çав тери хăраса ӳкни, тарма тытăннăскерĕн ури айĕнче курăк çунма тытăнни çинчен калаççĕ.

Пермь облаçĕнчи шоферсем киçетри çулсем çинче минотаврсемпе тĕл пулнине аса илеççĕ. Сăмахран, çул хĕррипе хĕр утса пырать, патнерех çитетĕн те — пит-куçĕ вырăнне упа тути-çăварĕ. Кукуштанра та ачасем шăп çавăн пеккисене сăнанă.

Фантастикăллă хыпарсем килеççĕ Пермь облаçĕнчен. Латвири çамрăксен «Советская молодежь» хаçат корреспонденчĕ П. Мухортов, экспедици ĕçне хутшăннăскер, çырнă тăрăх, ăна урăх планета çинчен килнисемпе калаçма та май килнĕ иккен. Корреспондента ĕненес пулсан, урăх планета çинчен килнисем этемлĕх «тĕрĕс мар» аталанса пынине курса ĕненнĕ имĕш, çакă пĕтĕм тĕнчешĕн хăрушлăх кăларса тăратать иккен. Вунă ...

...пайĕн директорĕ (Мускав):

— Аномали-пулăмсем икĕ ушкăна пайланаççĕ. Пĕри — геофизикăпа сыхăннисем, хальхи пĕлӳ шайĕпе виççен, йывăр пулин те, ăнлантарма май пуррисем, — шар-çиçĕмсем, сăмахран. Тепĕр ушкăнне «асамлă» теме пулать — кунта наука халĕхе ăнлантарса парайман пулăмсем кĕреççĕ.

Шăпах «асамлисен» шутĕнчен ĕнтĕ НЛОсем. Америка астрофизикĕ Саган шутланă тăрăх, пирĕн Галактикăра миллион цивилизаци пурăнма пултарать. Енчен те тахăш планета çинче цивилизаци 100000 çул маларах пуçланса кайнă пулсан? Хамăр тепĕр çĕр пин çултан еплерех пулассине, наукăпа техника мĕн тери аталанасса калама пултаратпăр-и эпир? Тен, пурнăç пайăрки Çĕр çине космосран килсе ӳкнĕ? Хальхи вăхăтра, наукăсен докторĕ В. П. Ковальков каланă тăрăх, НЛОсем çинчен пухнă çĕршер пин хыпар пур. Нивушлĕ çакăн чухлĕ çынна асамлă япала курнă пек туйăннă? Космонавтсем тата? Курнă-и вĕсем НЛОсене тĕнче уçлăхĕнче?

— Эпĕ НЛО курман тата ăна сăнанă космонавтсемпе те тĕл пулман, — тет Е. В. Хрунов летчик-космонавт. — Ман шутпа, ку вăл йăлтах — шухăшласа кăларнă ыйту.

К. П. Феоктистов тата çивĕчрех:

— Хĕрсемпе хĕрарăмсем тĕлĕнтермĕш çинчен ĕмĕтленни ăçтиçук-принцсен сăнарĕсемпе сыхăннă. Арçынсене вара леш тĕнчери пурнăç, пуçлăхсене çатма çинче ăшалани, çăтмах курма кайни о халăх депутатне суйланнă евĕрлĕ мĕн те пулин интереслĕреххи пар. Пурте тĕлĕнтермĕш патне туртăнаççĕ. Анчах çынсене çав шанăçсăр тăратса хăвармалла мар. Начальниксемпе ыр сунакансене чикĕ леш енчи Тартарарылепа нумай вăхăтлăх командировкăпа яма шанса пурăннă пекех.

...интересли — хăшпĕр шăтăксенче гамма-пайăркасем юпашар 2—3 метр лаптăкринчен нумайрах. Енчен те çав тĕлти ялахи шай сехетре — 10—15 микрорентгенпа танлашнă пулсан, пĕр шăтăкĕнче — 30, тепринче — сехетре 37 микрорентген. «Кун пек япаласем çине çăмăлттайла пăхма юрамасть, — тет КГБăн Воронеж управленийĕн представителĕ «Московские новости» хаçат корреспонденчĕсене. — Аномалиллĕ информацисене пуçтарса пымалла, тĕплĕн тĕпчемелле».

Информаци пуçтарăнать, анчах никам та алăпа тытса курман-ха НЛОсемпе «пилотсене». Çапах та хăшпĕр хыпарсем пур. Америкăран килнĕскерсем. Унта 1952 çултах НЛО çинчен пĕлтермелли система туса хунă, США-н сывлăш-çар вăйĕсене вара НЛОсене тытса илме приказ панă. Çурçĕр Америкăри ПВО системи кунсерен 900 таран НЛО регистрацилет. Вĕсене тытса илме приказ пур пулин те, ракета базисем, вĕçен управлени пункчĕсем, ядерлă боеголовка хранилищисем тавра вĕçекен НЛОсене чараймаççĕ. 1976 çулта çавăн пек база тĕлĕнче НЛОсем виçĕ уйăх вĕçнĕ. Çав вăхăтра асăннă çар объекчĕсем нимĕн тума та пултарайман.

НЛОсем аварисене те лекеççĕ. Чи пирвайхисенчен пĕри 1947 çулта США-ри Нью-Мехико штатĕнчи Росвелл хули сывăхĕнче пулнă. 1948 çулта Техас штатĕнчи Ларадо хули сывăхĕнчен аварие лекнĕ НЛОпа илсе тухнă. Диск евĕрлĕ карап диаметрĕ 30 метрпа танлашнă. Ун ăшĕнче 1,3 метр çӳллĕш пилот виллине тупнă. 1952 çулта çавнашкал аппарат аварие лексе Калифорни штатĕнчи Эдвардс авиабазăпа анса ларнă. Ун диаметрĕ — 27 метр.

Çакнашкал хыпарсем татах та пур. Карапсем çинче çутă комбинезон тăхăннă 1,1—1,3 метр çӳллĕш пилотсем пулнине пĕлтереççĕ.

...хăлхасем вырăнне кăшт путса кĕнĕ вырăн; çӳç çук; аллисем вăрăм те çинçе, чĕркуççи таранах, тăватшар пӳрне; арлăх органĕсем çук; юн пур, анчах вăл эпир юн текенни мар; ӳт сăрка, май çинçе. Йывăрăш — 18 килограма яхăн.

Ахăртнех, НЛО пилочĕсен тĕп составĕ лекмен американсен аллине, мĕншĕн тесен 1976 çулта Испанире НЛО курнă, унăн пилочĕсем 2,5—3 метр çӳллĕш.

ÇАКНА КАЛАСА хăвармалла: пирĕн çĕршывра НЛОсене 1966—67 тата 1977—78 çулсенче нумай асăрханă. Панулмирен пуçласа километр çурă таран вĕсем. Ытларах чухне НЛОпа кăçхине 3—4 сехетре, çулла курма пулать. Паллă мар объектсем, физика законĕсене пăхăнмасăр, вырăнтан хăвăрт тапранса каяççĕ, çавăн пекех пĕр самантра сывлăшра чарăнса тăраççĕ, урлă-пирлĕ, тӳрĕ кĕтессемпе çаврăнса вĕçме пултараççĕ.

Икĕ ушкăна пайланса кайнă эпир.

Пĕрисем НЛО — оптика улталăвĕ, пĕлĕтсен вылявĕ, шарçиçĕм сулçӳревĕ теççĕ. Теприсем НЛО — çĕр çинчи пурнăçăн пĕр элеменчĕ тесе çирĕплетеççĕ. Анчах никам та хăйĕн шухăшне çирĕплетсе пама пултараймасть.

Тен, çĕр çинчи цивилизаци — пĕчĕк ача ӳсĕмĕнчи цивилизаци? Апла пулсан, хальхи НЛОсем — этемлĕх мĕнле аталанса пынине сăнакан ялапхи система? Пĕр сăмахпа каласан — вăрттăнлăх. Ăна уçасси малашра.

**Пичетри материалсем тăрăх В. ВАДИМОВ хатĕрленĕ.**

**● Çакăн евĕрлĕ НЛОсем асăрханă çĕр çинче (çӳлти ӳкерчĕк).**

**Аялти ӳкерчĕк Воронеж çыннисем курнă паллă мар объектсене, вĕсен пилочĕсене сăнласа парать.**

И. Владимиров репродукцийĕсем.

...те çирĕплетсе калама май çук. Эпир Хаксем енĕпе ĕçлекен государство комитетĕнче ку ыйтăва пăхса тухман, мĕншĕн тесен эрех-сăрана ваккăн сутмалли хакĕсене ӳстерни нихăшĕнчен те усă кӳмест.

Çавăн пек «хыпар» акă мĕнрен пуçланса кайнă пулĕ. Нумай пулмасть Эстонире тĕрлĕ эрех-сăра тата табак изделийĕсен хакĕсене ӳстернĕ. Эпир хамăр енчен Эстони правительствине ун пек мерăсем йышăнма кирлĕ марри çинчен çине тăрса сĕнӳ патăмăр. Халĕ вара СССР Министрсен Совечĕпе пирĕн комитетăн юрист службисем Эстонире хаксене çавăн пек туса хупи право йĕркине килĕшсе тăнипе тăманнине пăхса тухма тивет.

## Çамрăксене— право пĕлĕвĕ

Республикăри Культура министерстви çул çитмен çамрăксем хушшинче йĕркене пăсассине чакарас тĕллевпе ирттермелли ĕçсене палăртнă.

Министерствăн социологи служби «Библиотека тата çамрăксен канăвĕ» ыйтăва тишкерет. Кашни çулах «Театр — ачасене», «Музыка — ачасем валли», «Музейсем — ачасене» темăсемпе эрнесем ирттерме йышăннă. Культура учрежденийĕсенче «Закон — пуриншĕн тата кашни çыншăн» темăпа право пĕлĕвĕсене пропагандăламалли уйăхлăх иртет.

Агиткультбригадăсем валли право темипе сценарисем хатĕрлеме палăртнă. Библиотекăсенче «Çамрăксен право культури», «Çамрăксем тата закон» темăсемпе информаци кунĕсем, кĕнекесене тишкерессине йĕркеленĕ. Министерствăн коллеги ларăвĕнче Шупашкар районĕнчи библиотекăсем çамрăксене право енĕпе воспитани парассишĕн мĕнле ĕçленине сӳтсе явма палăртнă.

Г. НИКИФОРОВ.

...«Привидение» тата «Волшебная палка» çĕнĕ калавĕсене балсемпе хакларĕç, ыйтусем нумай пачĕç. Хăвăрт кăна «Дежурки» ансамбль йĕркеленĕ. М. Баскин гитара каласа ертсе пынипе ачасем кинофильмсенчи юрăсене юрларĕç.

— Кĕнеке юратакансен Чăваш республикинчи организацийĕ чĕннипе килтĕм, — каласа парать Михаил Ильич. — Пĕ...

...логи тематикипе çыхăннă тысăк произведенипе ĕçлетĕп халĕ. Çав хушăрах, Мускаври, Ленинград районĕнчи «афганецсен» клубĕпе çирĕп çыхăну тытнă май, интернационализм темипе çырас кăмăл та пур. Тепрехинче Шупашкара килсен, вулакансене хамăн çĕнĕ произведенисемпе паллаштарма ĕмĕтленетĕп.

А. ХРИСАНФОВА.

## ЧĂВАШЛА ВĔРЕНТЕÇÇĔ

Кемерово облаçĕнче вырнаçнă чăваш ялĕсенчи шкулсенче ачасене чăвашла вĕрентме пăрахнăранпа вăхăт чылай иртнĕччĕ. Анчах юлашки çулсенче, çĕршыври халăхсем хăйсен йăли-йĕркине малалла тытса пырассишĕн, культурине çĕклессишĕн тăрăшарах ĕçлеме тытăннă май, пирĕн тăрăхра та ырă улшăнусем пулса иртеççĕ.

Пĕлтĕрхи сентябрьтенпе Прокопьевск, Ижмор, Топки районĕсенчи хăшпĕр чăваш ялĕсенче ачасене пĕрремĕш класенче тăван чĕлхепе вĕрентме пуçларĕç.

А. ОРЛОВ.
Прокопьевск хули.

Спорт — Спорт

## В. СКВОРЦОВ— *Шупашкар чемпионĕ*

Çак кунсенче Шупашкарта шахматла выляссипе хула чемпионачĕ пулса иртрĕ. Унта 34 спортсмен хутшăнчĕ. Вĕсенчен иккĕшĕ — СССР спорт мастерĕн кандидачĕсем, ыттисем пĕрремĕш разрядлă шахматистсем.

Кашни туртах лайăх партисем нумай пулчĕç. Спорта юратакансенчен чылайăшĕ Чăваш АССР экс-чемпионĕ, СССР спорт мастерĕн кандидачĕ А. Алексеев («Энергозапчасть» завод) çĕнтересре шанчĕç. Анчах та вăл юлашки турта А. Иванова выляса ячĕ, 6,5 очко пухса, виççĕмĕш вырăна тăрса юлчĕ. Чемпион ятне вара «Пегас» шахмат клубĕн тренерĕ В. Скворцов çĕнсе илчĕ. Унăн 7,5 очко. Иккĕмĕш вырăнта — Чăваш педагогика институчĕн студенчĕ С. Резанов. Пултаруллă шахматист 9 очко пухма май пур çĕртен 7 очко пухрĕ.

Шел пулин те, хула чемпионачĕ хăçан пуçланасси çинчен ăста шахматистсенчен чылайăшĕ пĕлмен, çавăнпа та хăшĕсем иккĕмĕш туртан кăна ăмăртăва хутшăнчĕç. Ку, паллах, спортсменсен кăмăлне хуçрĕ. Тата тепĕр çитменлĕх çинчен те каласа хăварар: ăмăртăва пуçланă хăшпĕр шахматистсем, темиçе турта выляса янă хыççăн, таçта «çухалчĕç». Вĕçне çитиччен кĕрешменни вĕсене чыс тумасть, паллах.

И. ЧЕРМАКОВ,
чемпионат участникĕ.

### лайăхрах

Пирĕн çĕршывра чикă леш енчен илсе килнĕ сехетсене ăмăртса туяннă вăхăтра Италире Совет Союзĕнче туса кăларнă «Ракета» тата «Восток» сехетсене «Ролекссемпе» «Сэйкоран» пысăка хурса хаклаççĕ. Швейцарире, Японире, ытти çĕршывсенче кăларакан сехетсенче тем тĕрлĕ механизм та пур, анчах «Ракета» ансат пулни илĕртет. Уйрăмах Италире «командир» сехечĕсем пысăк хисепре. Çавăнпа та халĕ Мускава вуншар коммерсант килсе çитнĕ, вĕсем пĕрлехи предприятисем уçасшăн.

### Мотоцикл çинчи акробатсем

Юлашки вăхăтра ГДРта мотоцикл çинчи акробатика питĕ аталаннă. Çакăн пек акробатсем унта 14 ушкăн. Хăшпĕр чухне мотоцикл çинче 10—12 акробат хăйсен пултарулăхне кăтартаççĕ. Пысăк хăвăртлăхпа пырса, вĕсем тĕрлĕрен фигурăсем, упражненисем тăваççĕ. Кашни икĕ çултан мотоцикл акробачĕсем хушшинче ăмăрту пулса иртет.

✦

— Кӳршĕ аншарли юхтарать мар-и!

Г. Яковлев ӳкерчĕкĕ.



К. В. Иванов ячĕпе хисепленекен Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ Чăваш Государство академи драма театрĕнче

**январĕн 21-мĕшĕнче 200-мĕш хут**

Н. Айзманăн

**«КАЙ, КАЙ ИВАНА» ятлă 2 пайлă комедине кăтартаççĕ**

Уяв, пысăк уяв! Çак спектакле тăван Шупашкарти, республика районĕсенчи ĕççыннисем кăна мар, Мускав, Ленинград, Хусан, Куйбышев, Ульяновск, Стерлитамак, Нижнекамск хулисенчи çынсем те пăхса савăнчĕç. Иртнĕ çулла ăна Уфари гражданесем интересленсех курчĕç.

Спектакль сцена çине тухнăранпах çак комедире СССР халăх артистки В. Кузьмина, РСФСР тава тивĕçлĕ артисчĕ Е. Никитин, ЧАССР тава тивĕçлĕ артисчĕ В. Лебедев, ЧАССР халăх артистки А. Кутузова пĕр тапăлмасăр, çавăн пекех РСФСР халăх артисчĕсем В. Яковлевпа Н. Яковлева, ЧАССР халăх артистки В. Трифонова, ЧАССР тава тивĕçлĕ артисчĕсем В. Семеновпа Н. Охотников тата ыттисем те 200-мĕш хут ĕнтĕ чуна парса выляççĕ.

Куракансем спектакльте вылякан хаклă артистсене чĕререн саламлаççĕ. «Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцийĕн коллективĕ те артистсене чаплă уяв ячĕпе саламлать.

«Кай, кай Ивана» спектаклĕн сцена. Иван ролĕнче — В. Яковлев, Куçак ролĕнче — В. Охотников.

## ТЕАТР

**К. В. ИВАНОВ ЯЧĔПЕ ХИСЕПЛЕНЕКЕН ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО АКАДЕМИ ДРАМА ТЕАТРĔ** — январĕн 21-мĕшĕнче кăнтăрла «Ма тухрăн-ши, савни, улаха» халăх драми, каçхине «Кай, кай Ивана» комеди, январĕн 23-мĕшĕнче «Качча каяссăм килет» комеди.

**РЕСПУБЛИКĂРИ ВЫРĂС ДРАМА ТЕАТРĔ** — январĕн 23-мĕшĕнче «Жизнь и необычайные приключения солдата Ивана Чонкина» драма, январĕн 24-мĕшĕнче «Камерный» театр Лаврентия Берии» шарж премьери.

**ЧĂВАШ ÇАМРĂКСЕН ТЕАТРĔ** — январĕн 21-мĕшĕнче «Тарккăн» мыскараллă никек премьери, январĕн 22-мĕшĕнче «Юратма пĕлекенсем телейлĕ» лирикăллă драма премьери.

Кăнтăрлахи спектакльсем 12 сехетре, каçхисем 19 сехетре пуçланаççĕ.

**РЕДАКЦИН ОБЩЕСТВĂЛЛА ПРИЕМНĂЙĔНЧЕ**

Çитес эрнере — январĕн 23-мĕшĕнче, ытларикун, редакцин обществăлла приемнăйĕнче гражданесене Чăваш АССР Социаллă обеспечени министерствин пенсипе пособи тӳлес енĕпе ĕçлекен пайĕн аслă инспекторĕ Александр Иванович ДУБОВНИК йышăнать.

Приемнăй Пичет çуртĕнче вырнаçнă, 10 сехетрен пуçласа 13 сехетчен ĕçлет.

Унăн адресĕ: 428019, г. Чебоксары, проспект Ивана Яковлева, 13, Дом печати, 1 этаж, комната 112. Приемнăй телефонĕ — 21-22-94.

Редактор А. П. КАЗАНОВ.

ПИРЕН АДРЕС: 428019, г. ЧЕБОКСАРЫ, пр. ИВАНА ЯКОВЛЕВА, 13. ДОМ ПЕЧАТИ, III ЭТАЖ.

ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор — 21-00-67; редактор заместителĕсем — 21-04-17 тата 21-20-07; ответлă секретарь — 21-04-26; секретариат — 25-13-01; парти пурнăç пайĕ — 21-08-61 тата 25-13-24; идеологи пайĕ — 21-03-54 тата 25-13-18; промышленность, строительство тата транспорт пайĕ — 21-33-64, 25-13-04 тата 25-13-81; агропромышленность пайĕ — 21-08-62, 25-13-10, 25-13-05 тата 25-13-58; советсен ĕçĕпе социаллă пурнăç пайĕ — 21-03-04 тата 25-13-06; культура пайĕ — 21-08-56 тата 25-13-02; çырусемпе обществăлла корреспондентсен пайĕ — 21-05-21, 25-13-07 тата 29-76-22; информаципе спорт пайĕ — 21-22-31 тата 25-13-09; фотокорреспондент — 21-45-94; хамăр корреспондентсем — 3-24-91 (Канаш), 2-10-54 (Елчĕк), 4-34 (Етĕрне) тата 2-26-30 (Сĕнтĕрвăрри); издательство директорĕ — 21-00-23; пĕлтерӳсен пайĕ — 21-14-89 тата 29-76-89; «Вестник недели» редакцийĕ — 21-04-39; бухгалтери — 21-45-86; Чăваш АССР Журналистсен союзĕн правленийĕ — 25-13-83; хаçатăн обществăлла приемнăйĕ — 21-22-94.

Хаçат тунтикунсăр пуçне куллен тухать.

НТ 33021. Индекс газеты — 54800. Типография издательства Чувашского обкома КПСС, г. Чебоксары, пр. Ивана Яковлева, 13. Высокая печать, объем 2 печ. листа. Тираж 72.000 экз. Заказ № 286.